ПЕТЕМ ТЕНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПЕРЛЕШЕР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Май 1
ЭРНЕКУН
№ 86 (8995)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Сывă пултăр Майăн 1-мĕшĕ—пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем пĕр кăмăллине кăтартмалли кун, мĕнпур çĕршывсенчи рабочисен тăванлăх кунĕ!**

**Пролетарилле интернационализм ялавне çÿлерех çĕклер!**

**Ленин—Сталин ялавĕ айĕнче, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, малалла—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!**

## АСЛĂ МАЙ УЯВĔ

Тин кăна çулçă сарнă ешĕл йывăççем хушшинче хĕрлĕ ялавсем варкăшаççĕ. Малтанхи ăшă çумăрсем хыççăн çĕр тата ытларах тĕсалчĕ, сывлăш уçăлчĕ. Хулара та, ялта та кашни çын сăн-питĕнче хаваслă туйăм çиçсе тăрать. Паян Майăн 1-мĕшĕ—пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем пĕр кăмăллине кăтартмалли кун, мĕнпур çĕршывсенчи рабочисен тăванлăх кунĕ.

Паттăр та аслă совет халăхĕ Май уявне коммунизм строительствинче чаплă çĕнтерÿсем тунипе кĕтсе илет. Рабочисемпе колхозниксем, пирĕн совет интеллигенцийĕ халăх хуçалăхĕпе культурăна малалла аталантарас, Тăван çĕршыв вăйхăватне тĕреклетес ĕçре Коммунистсен аслă партийĕ ертсе пынипе тунă çитĕнÿсене чăн-чăн патриотла туйăмпа хавхаланса пăхса тухаççĕ. Кашни совет çыннин чĕринче паян—партин Центральнăй Комитечĕ чĕнсе каланă хĕрÿллĕ те витĕмлĕ сăмахсем.

Аслă çулпуççемпе учительсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин çитĕнтернĕ Коммунистсен партийĕ пирĕн çĕршыври ĕççыннисене халиччен этемлĕх утса курман çул-йĕрпе малтан малалла—ирĕклĕ те телейлĕ пурнăç патнелле шанчăклăн ертсе пычĕ. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пирĕн халăх историре халиччен пулман революцилле улшăнусем турĕ, этеме этем пусмăрлассине, пĕр наци теприне наци хĕсĕрлессине пĕтерчĕ, социализмла общество туса хучĕ. Совет обществин моралле-политикăлла пĕрлĕхĕ, тăванла халăхсен никам пăсайми туслăхĕ, çĕршыври мĕнпур ĕççыннисене хавхалантарса, пĕтĕçтерсе тăракан совет патриотизмĕпе пролетарилле интернационализм туйăмĕ,—çаксем ĕнтĕ совет халăхĕ Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе тунă чи аслă çĕнтерÿсем пулаççĕ.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ, сакăр çул каярах Аслă Отечественнăй вăрçăра гитлерла фашизма çапса аркатса, Берлин çине чаплă çĕнтерÿ ялавне çĕклерĕ. Аслă парти ертсе пынипе пирĕн халăх мирлĕ строительствăра султан-çул çĕнĕ çĕнтерÿсем туса пырать, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлăн пурнăça кĕртет.

Нумай çулсем хушши парти хыççăн утса пырса, совет халăхĕ çакна витĕмлĕн ăнланса илчĕ: Коммунистсен партийĕ халăха ирĕке кăларса телейлĕ пурнăç кÿрессишĕн çуралнă, ÿснĕ, нумай асапсем тÿснĕ, халăх ырлăхĕпе телейĕшĕн пурăнать вăл, кĕрешет, мĕнпур йывăрлăхсене тÿссе ирттерет, çĕнтерет, халăха малтан малалла ертсе пырать. Халăх интересĕсемсĕр пуçне, пирĕн партин урăх интерес çук. Парти хăйĕн пĕтĕм чун-чĕрипе, шухăшĕ-ĕмĕчĕпе ĕмĕрлĕхех халăхпа çыхăннă, вăл чăннипех те халăх партийĕ пулса тăрать. Партипе халăх пĕрлĕхĕнче—Совет государствин хăвачĕ, пирĕн мĕнпур çĕнтерÿсен шанчăкĕ.

«Халăх ырлăхĕшĕн, унăн материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырассишĕн тимлĕн тăрăшасси пирĕн партипе правительствăшăн закон пулса тăрать»,—терĕ Г. М. Маленков юлташ аслă Сталин тупăкĕ умĕнче.

Çак закона пурнăçа кĕртсе пырса, пирĕн партипе Совет государстви халăх ырлăхĕпе телейĕшĕн çултан-çул палларах та чаплăрах ĕçсем тăваççĕ. Çав пархатарлă, ырă ĕçсене халĕ ĕнтĕ пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем хăйсен куçĕпе кураççĕ.

Партипе Совет государстви пĕтĕм халăх хуçалăхĕн тĕп никĕсĕ пулса тăракан йывăр промышленноçа, чи малтан машинăсем туса кăларакан промышленноçа çултан-çул вăйлăнрах ÿстерсе пыраççĕ. Çакăнпа пĕрлех, çак никĕс çинче, пирĕн ĕççыннисем валли куллен кирлĕ таварсемпе апат-çимĕç туса кăларакан промышленность та ÿсех пырать. Çутçанталăк вăйĕсене çĕнтерме, этем ĕçне тата ытларах çăмăллатма, этемшĕн пур ырлăхсене те туса пыма пирĕн партипе государство наукăпа техникăна малтан малалла аталантараççĕ, халăх ырлăхĕшĕн социализмла культурăна ÿстерсе чечеклентереççĕ.

Шăп уйăх каярах Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ государствăн промышленноçпа апат-çимĕç таварĕсене ваккăн сутмалли хакĕсене çĕнĕрен йÿнетрĕç. Çапла ĕнтĕ партипе правительство тавар хакĕсене вăрçă хыççăн улттăмĕш хут йÿнетрĕç. Çакă вăл Коммунистсен партийĕпе Совет государстви совет çыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн тăван атте-аннемĕр пек тăрăшнине татах та тепĕр хут кăтартса парать. Эпир çурхи аслă уява пушă алăпа, пушă сĕтелпе кĕтсе илместпĕр. Паян пирĕн ĕççыннисем урама çĕнĕ, чаплă та илемлĕ тумсем тăхăнса тухаççĕ, ырă пурнăçпăн савăнса, Тăван çĕршыва, аслă партие мухтаса, хаваслă юрăсем юрлаççĕ.

Партипе государство халăх ырлăхĕшĕн тăрăшни пирĕн ĕççыннисене—рабочисене, колхозниксене, интеллигенцие ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантарать. Аслă Май уявне хатĕрленнĕ май, пирĕн Чăваш республикинче те, çĕршыври тăванла ытти мĕнпур республикăсенчи пекех, социализмла ăмăрту хумĕ çĕнĕ вăй-хăватпа хускалса çĕкленчĕ. Республикăри малта пыракан фабрикăсемпе заводсем, промартельсем тăватă уйăхри плана срокчен чылай малтан тултарчĕç. Иртнĕ уйăхсенчи ăмăртура мала тухнăшăн ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн, çавăн пекех Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавĕсене илме тивĕçлĕ пулнă Шупашкарти электроаппаратура завочĕн коллективĕ çав çĕнтерÿ ялавĕсене хăй аллинче çирĕп тытса тăрать.

Шупашкарти пир-авăр комбинатне тăвакансен коллективĕ те, ĕçри йывăрлăхсене çĕнтерсе пырса, Май уявĕ умĕнхи ăмăртура çĕнĕ çитĕнÿсем турĕ. Республика столицинчи предприятисенчен Канашри, Улатăрти, Çĕмĕрлери, Куславккари заводсем те кая юлмаççĕ. Вĕсем стахановла бригадăсенчен стахановла цехсем, стахановла предприятисем туса хурассишĕн кĕрешеççĕ.

Республикăри уй-хирсенче хĕрсех çураки пырать. Колхоз ĕçченĕсем кăçал татах та вăйлăрах тырпул туса илессишĕн, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ытларах ÿстерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçлеççĕ.

Совет государстви колхозлă яла çултан-çул пысăкрах пулăшу парать. 1950 çултанпа республикăри МТС-сенчи тракторсен йышне, 15 лаша вăйлĕ тракторсен шучĕпе хисеплесен, çĕнĕрен 1.400 трактор хушăннă. Пĕр Елчĕк МТС-не илсе пăхсан та, унта эпир паян 115 трактор, 50 комбайн тата ытти нумай тĕрлĕ машинăсем ĕçленине куратпăр. Çапла пирĕн социализмла индустри колхозлă яла куллен хăватлăн пулăшса тăрать.

Пирĕн совет интеллигенцийĕ те, аслă шкулсемпе вăтам шкулсенче тата пуçламăш шкулсенче вĕренекенсем те Май уявне творчествăлла ĕçре, вĕренÿре çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илчĕç.

Паян пĕтĕм совет халăхĕ, ĕçпе кĕрешÿри çĕнтерÿ ялавĕсене йатса, хĕвеллĕ урамсемпе площадьсене тухать. Пирĕнпе пĕрле Май уявне халăх демократиллĕ çĕршывсенчи, аслă Китайри, Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕççыннисем те уявлаççĕ. Паттăр Корея халăхĕ çурхи уяв кунĕсене хăйĕн тăван çĕршывĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн пĕр иксĕлми çирĕп тăнипе кĕтсе илет. Капитализмла çĕршывсенчи ĕççыннисем мирпе демократишĕн пыракан кĕрешĕве татах та ытларах вăйлатаççĕ.

Çÿлтен çÿлерех çĕкленеççĕ мирпе ирĕклĕх ялавĕсем, хăватлăнрах янăраççĕ кĕрешÿпе çĕнтерÿ юррисем.

Эпир, совет çыннисем, хамăрăн коммунизм тăвас ĕçри хастарлăха татах та ытларах ÿстерсе, пĕтĕм чунтан çапла калатпăр:

Сывă пултăр аслă Советла Социализмла Республикăсен Союзĕ—пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхĕпе мухтавĕн никĕсĕ, пĕтĕм тĕнчери мирĕн никам аркатайми çирĕп тĕрекĕ!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—коммунизм тăвассишĕн кĕрешес ĕçре совет халăхне çул кăтартса, ертсе пыракан аслă вăй!

Ленин—Сталин ялавĕ айĕнче, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, малалла—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!

## Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе Шупашкарта пулса иртнĕ савăнăçлă лару

Апрелĕн 30-мĕшĕнче Чăваш государство академи театрĕнче Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн тата КПСС хула комитечĕн савăнăçлă ларăвĕ пулса иртрĕ. Ларура фабрикăсемпе заводсенчи рабочисем, инженерсемпе техниксем, совет учрежденийĕсенче ĕçлекенсем, вĕренекенсемпе наукăй работниксем, парти, совет тата общество организацисен представителĕсем пулчĕç.

Пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен праçникĕ—Майăн 1-мĕшĕ çинчен КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ С. М. Ислюков юлташ доклад туса пачĕ.

Савăнăçлă лару хыççăн пысăк концерт пулчĕ.

## Хусан портне тунă çĕрте

Хусан портне тунă çĕрте апрелĕн 29-мĕшĕнче земснарядсемпе ĕçleme пуçланă. «Волжский-15» тата «Волжский-16» земснарядсем порт пулмалли вырăнта тăпра чавса урăх вырăна куçараççĕ. Атăл çинчен порта кĕмелли вырăнтан 10 пин кубометр тăпра чавса кăларнă. (ТАСС).

## ССР Союзĕн Оборона Министрĕн ПРИКАЗĔ

*1953 çулхи майăн 1-мĕшĕ. № 49. Мускав хули.*

Юлташсем—салтаксемпе матроссем, сержантсемпе старшинасем!

Юлташсем—офицерсем, генералсемпе адмиралсем!

Паян пирĕн пĕтĕм халăхпа пĕрле Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ Майăн Пĕрремĕшне—пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем пĕр кăмăллине кăтартмалли куна, мĕнпур çĕршывсенчи рабочисен тăванлăх кунне уявлаççĕ.

Сире Майăн Пĕрремĕшĕ ячĕпе сывлăх сунса саламлатăп тата Сире хăвăрăн çар ĕçĕнчи ăсталăха ÿстерсе пырас, пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсен боевой хатĕрленĕвне ÿстерсе пырас ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем туса пыма ырă сунатăп.

Уяв ячĕпе çапла **приказ паратăп:**

Паян, Майăн Пĕрремĕшĕнче, пирĕн Тăван çĕршыв столицинче—Мускавра, союзлă республикăсен столицисенче тата герой-хуласенче: Ленинградра, Сталинградра, Севастопольре тата Одессăра артиллерирен çирĕм хут харăс персе салют памалла.

Сывă пултăр пирĕн социализмла Тăван çĕршыв!

Сывă пулччăр пирĕн паттăр совет халăхĕпе унăн мухтавлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсем!

Сывă пултăр Совет Правительстви!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—пирĕн мĕнпур çĕнтерÿсене хавхалантаракане пе организацилекенĕ!

***ССР Союзĕн Оборона Министрĕ***
***Совет Союзĕн Маршалĕ Н. А. БУЛГАНИН.***

## Столицăри районсемпе предприятисенчи савăнăçлă пухусем

Пирĕн Тăван çĕршыв столици—Мускав Майăн 1-мĕшĕнчи уява тивĕçлипе хатĕрленсе кĕтсе илчĕ. Хула урамĕсемпе площачĕсене праçник тĕлне лайăх илемлетнĕ.

Театрсенче, клубсенче, культура çуртĕсемпе дворецĕсенче Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе ĕççыннисен савăнăçлă пухăвĕсемпе вечерсем пулса иртнĕ.

Апрелĕн 28-мĕшĕнче Ленински районĕнчи савăнăçлă пухура рабочисем, инженерсемпе служащисем, парти, совет, обществăлла тата наукăлла организацисен представителĕсем пиншер çын пулнă. Пухура Майăн 1-мĕшĕ—пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен уявĕ çинчен академик Г. Ф. Александров доклад туса панă.

«Серп и молот» заводăн пысăк клубне Первомайски районĕнчи ĕççыннисем пуханнă. Вĕсем КПСС Мускав хула комитечĕн секретарĕ Е. А. Фурцева тунă доклада итленĕ. Чайковский ячĕпе тăракан концерт залĕнче Советски районĕнчи ĕççыннисемпе организацисен представителĕсен савăнăçлă пухăвĕ пулнă. Пухура КПСС райкомĕн секретарĕ И. Т. Марченко доклад тунă. Киевски районĕнчи савăнăçлă пуху Евг. Вахтангов ячĕпе тăракан театрта пулнă. Пухура РСФСР Çутĕç министрĕ И. А. Каиров доклад тунă.

Çавăн пекех столицăри Молотов, Бауман, Красная Пресня, Куйбышев, Ленинградски, Октябрьски тата Щербаков районĕсенче те савăнăçлă пухусем пулнă. Çавăн пекех Каганович ячĕпе тăракан пĕрремĕш подшипник заводĕнче, «Динамо» заводра, Киров ячĕпе тăракан заводра, столицăри ытти предприятисемпе учрежденисенче те савăнăçлă пухусем пулса иртнĕ. (ТАСС).

## *Радио кĕртеççĕ*

СУХУМИ. Абхазири Очемчирски районĕнчи Ахали-Киндги ялĕнче радиоузел тума пуçланă. Вăл темиçе ялшăн ĕçлесе тăмалла пулать. Районти ытти нумай ялсене радио кĕртнĕ. Халĕ 600 колхозник килĕнче репродукторсем лартаççĕ.

Гагры районĕнчи пур килсене те радио кĕртсе çитереççĕ. Гальск, Сухуми тата Ахали-Афон районĕсенчи колхозсенче те радиоузелсем тăваççĕ. (ТАСС).

## Уяв умĕнхи ăмăртура тунă çитĕнÿсем

### Панă сăмаха чыслăн пурнăçланă

Çĕмĕрле хулинчи рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем паянхи уява ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илчĕç. Экстракт тăвакан «Большевик» завод тăватă уйăхри плана апрелĕн 19-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ. Уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, вуншар рабочи ĕç нормине 150 процент е ытларах та тултарса пычĕç. Стахановецсем, рационализаторсем технологи процесне çĕнетсе лайăхлатмалли, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли, чĕртавар перекетлемелли майсем тупрĕç.

Иртнĕ çулсенче йывăç япаласем тăвакан завод юлса пыратчĕ. Кăçал завод коллективĕ чылай çитĕнÿсем турĕ. Завод тăватă уйăхри плана срокчен тата ирттерсе тултарчĕ, продукцин хăйне ларакан хакне чылай йÿнетрĕ.

Кирпĕч завочĕ тăватă уйăхри плана ăнăçлă тултарчĕ. Уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, рабочисем пысăк обязательствăсем илчĕç. Вĕсем илнĕ обязательствăсене пурнăçласа пыраççĕ.

Çĕмĕрлери райпромкомбинатра технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма пулăшакан рационализаторла сĕнÿсене пурнăça кĕртнĕ, чылай ĕçсене механизациленĕ. Комбинат коллективĕ çулталăкри плана иккĕмĕш кварталта тултарассишĕн кĕрешет.

Инвалидсен «Партизан» артелĕ çĕнĕ çурт туса пĕтерчĕ. Çав çуртра столярнăй, тумтир, çĕлĕк çĕлекен мастерскойсем, фотографи вырнаçрĕç. Артель тăватă уйăхри плана 10 кун маларах тултарчĕ.

Ширшов ячĕпе тăракан промартель членĕсем уяв ячĕпе йышăннă обязательствăна икĕ кун маларах пурнăçларĕç. Ĕççыннисем артель туса кăларакан продукцие ырлаççĕ. Апрель уйăхĕнче артель 10 электромотор вырнаçтарса лартрĕ.

Ширшов ячĕпе тăракан артель членĕсем «Красный Октябрь» артель членĕсемпе ăмăртса ĕçлеççĕ. Ăмăртура Ширшов ячĕпе тăракан артель малта пырать. Вăл тăватă уйăхри плана хăйпе ăмăртакан артельтен икĕ кун маларах тултарчĕ. «Красный Октябрь» артель ĕçĕнче те пахă тĕслĕхсем сахал мар. Апрель уйăхĕнче вăл çĕнĕ йышши япаласем туса кăларма тытăнчĕ.

Чугун çул станцийĕн, вăрман хуçалăхĕн тата ытти предприятисемпе организацисен коллективĕсем те уява ĕçре чылай çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илеççĕ. Районти организацисем социализмла ăмăртăва тата ытларах вăйлатассишĕн, государство планне кашни предприяти тултарса пымалла тăвассишĕн кĕрешеççĕ.

**П. АНИСИМОВ,**
**Çĕмĕрле райсовет исполкомĕн председатель заместителĕ.**

### Планран ирттерсе

Шупашкарти лента тĕртекен фабрика коллективĕ Май уявĕ умĕнхи ăмăртура çĕнĕ çитĕнÿ турĕ. Вăл çак уйăхри плана апрелĕн 26-мĕшĕ тĕлне пурнăçларĕ.

Уяв кунĕ тĕлне фабрика коллективĕ планран ирттерсе 180 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ.

**В. КУДРЯШОВ.**

* * *

Шупашкарти макарон фабрикин коллективĕ уяв ячĕпе илнĕ социализмла обязательствăна чыслăн пурнăçларĕ. Фабрика уйăхри плана апрелĕн 27-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ, ĕççыннисем валли планран ирттерсе вуншар тонна продукц[ие] туса кăларчĕ.

Цехсем хушшинчи ăмăртура уйрăм[ах] формовочнăй цех коллективĕ паха тĕ[с]лĕхсем кăтартать. Цех коллективĕ зада[ние] куллен 125 процент таран тултар[са] пырать. Вуншар рабочи ĕç нормине чы[]лай ирттерсе тултараççĕ, паха продук[ци] туса кăлараççĕ.

**В. ТАЗОВА,**
**главнăй инженер.**

### Пĕрчĕллĕ культурăсене акса пĕтернĕ

ШĂХАСАН, апрелĕн 30-мĕшĕ. (Телефонпа). Вăрман Кипекри Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçал кашни гектартан тĕштырăсем 15 центнертан кая мар туса илессишĕн кĕрешеççĕ.

Майăн 1-мĕшĕ тĕлне колхоз пĕрчĕллĕ тата пăрça йышши ир акакан культурăсене 300 гектар ытла акрĕ. Кунсăр пуçне, силос тумалли культурăсем 5 гектар, тымарçимĕçсем 5 гектар акнă. Çапла, колхоз ир акакан культурăсене çичĕ кун хушшинче акса пĕтерчĕ.

Çуракинчи ĕçсен ăнăçлăхĕ колхозниксемпе механизаторсем пĕр шухăшлă пулса пысăк хастарлăхпа ĕçленинчен кил[]чĕ. Сеялкăсемпе тырă акакансем А. Павлов[па] Г. Кошкин колхозниксем куллен 5—[6]шар гектар тырă акса, ĕç нормине 120—125 процент пурнăçласа пычĕç. Иккĕмĕ[ш] бригадăра ĕçлекен Г. Кошкин тăватă ку[н] хушшинче 22 гектар тырă акрĕ.

М. Казаковпа А. Иванов трактористс[ем] хастарлă ĕçлеççĕ. Вĕсем çак çичĕ ку[н] хушшинче 47 гектар сухă, 170 гект[ар] культиваци турĕç, 200 гектар çине тыр[ă] акса пачĕç.

**В. ВЕСЕЛОВ.**

РЕСПУБЛИКĂРИ ХУЛАСЕМПЕ РАЙОН ЦЕНТРĔСЕНЧЕ

## ÇĔРПУ—ШКУЛСЕМПЕ ТЕХНИКУМСЕН ХУЛИ

Пĕр монастырь, пилĕк чиркÿ, 12 хупах, кĕркуннепе çуркунне çын утса тухайми пылчăклă урамсем,—çавăн пек пулнă паттна самани чухнехи Çĕрпÿ хулин сăн-сăпачĕ. 400 çул каярах туса хунă тĕксĕм те таса мар хула совет влаçĕ пуличчен хăйĕн таврашĕнчи ялсем пекех, тĕттĕмлĕхпе, культурсăрлăхпа çĕç палăрса тăнă.

Совет влаçĕн çулĕсенче, уйрăмах сталинла пилĕкçуллăхсен тапхăрĕнче Çĕрпÿ хулин хуçалăхпа культурăллă сăнсăпачĕ тĕпрен улшăннă. Ĕлĕк авал шыв арманĕсĕр пуçне урăх нимĕнле предприятисем пулман хулара халĕ пир-авăр фабрики, автомашинăсем юсакан завод, промкомбинат, апат-çимĕç комбиначĕ, икĕ промысла артелĕ ĕçлеççĕ.

Çĕрпÿ хулин культурăлла пурнăçри ÿсĕмĕ вăл—пирĕн çĕршывра ленинла-сталинла наци политики çирĕппĕн пурнăçланса пынине, коммунистсен партийĕпе Совет правительстви чăваш халăхĕн пурнăçĕпе культури шайне хăпартма куллен тăрăшнине кăтартакан çутă тĕслĕхсенчен пĕри пулать.

Кашни кунах, ирхине 8 сехет иртсен, хула урамĕсенчи тротуарсем пионерсен хĕрлĕ галстукне çыхнă е ВЛКСМ значокне çакнă ачасемпе тата çамрăк арçынсемпе, хĕрачасемпе тулаççĕ. Вĕсем тĕрлĕ урамсенчи шкулсемпе техникумсене васкаççĕ.

Паянхи Çĕрпÿ—шкулсемпе техникумсен хули. Пуçламăш, çичĕ çул вĕренмелли, вăтам шкулсенче, ялхуçалăхпа библиотека техникумĕсенче, педагогика училищинче, профтехшкулта пурĕ 2 пин те 200 яхăн çын вĕренет.

Пирĕн çĕршывра халăха çутта кăларас ĕçе аталантарма çултан çул нумайрах укçа-тенкĕ расходлани Совет правительстви мирлĕ политикăна çирĕп тытса пынине кăтартакан тĕслĕхсенчен пĕри пулать. Çĕрпÿ хулинчи шкулсемпе техникумсене тытса тăма кăçал 4 миллион тенке яхăн укçа расходлаççĕ. Революциччен хипе танлаштарсан, вăл пин хут ытла нумайрах пулать.

Çитес сывăх вăхăтра вăтам шкулта экзаменсем пуçланаççĕ. 10-мĕш класран вĕренсе тухни çинчен аттестат илме хатĕрленекен çамрăксемпе хĕрсем пурте малалла вĕренесси çине шанчăклăн та хаваслăн пăхаççĕ. Чылайăшĕн ăшри хумханullă ĕмĕчĕ вăл—Мускаври Ленински ту çинче туса пĕтерекен тĕлĕнмелле чаплă çуртри университета кĕресси. Иртнĕ çулсенче ку вăтам шкултан Шупашкарти, Хусанти, Мускаври, Ленинградри, Харьковри тата ытти хуласенчи университетсемпе институтсене вĕренме кайнă студентсем кăçал вĕренсе тухакан çамрăк юлташĕсене хăйсем патне пыма чĕнеççĕ. Вĕренес туртăм кăна пултăр, совет çамрăкĕсемшĕн аслă шкулсен алăкĕсем яланах уçă.

Çĕрпÿри ялхуçалăх техникумне республикăри ялсенче коллективизаци хăватлăн сарăлса кайнă тапхăрта уçнă. Çирĕм икĕ çул хушшинче ку техникум социализмла ялхуçалăх валли пурĕ 750 вăтам специалист вĕрентсе хатĕрленĕ.

Ялхуçалăхĕн пулас специалисчĕсене малта пыракан çĕрĕç наукине тата кучухнехи хăватлă техникăна лайăх вĕренме мĕн кирлине пĕтĕмпех туса панă. Студентсем теорилле вĕренĕве практикăлла ĕçпе тарăннăн çирĕплетме пултараççĕ.

Техникумăн опытлă хуçалăхĕ 120 гектар йышăнать. Кунта нумай çул ÿсекен курăксем акăнакан тĕрĕс пусă çаврăнăшĕ туса хунă, 9 гектар çинче сад ĕрчетнĕ, 300 рамăллă парник тунă, ăратлă выльăхсем ĕрчетекен ферма пур.

Агрономсемпе пĕрлех ку техникум МТС-сем валли техник-механизаторсем вĕрентсе хатĕрлет. Пулас механизаторсене практикăлла ĕçре вĕрентме кунта тракторсемпе комбайнсем, автомашинăсем, тĕрлĕре[н] оборудованипе механизмсем пур.

Çĕрпÿри педагогика училищи чăва[ш] шкулĕсем валли кадрсем вĕрентсе хатĕ[р]лет. Юлашки 20 çул хушшинче кăна [у] училищĕрен 1.680 учитель вĕренсе ту[х]нă. Кăçал кунтан республикăри шкулсе[н] 36 учитель, 17 старши пионер вожат[ăй] тата шкул çулне çитмен ачасен учрежд[е]нийĕсенче ĕçлеме 28 работник каяççĕ.

Çĕрпÿре тăлăх ачасен çурчĕ пу[лса] 34 çул ĕçлет ĕнтĕ çак çурт. Çак вăх[ăт] хушшинче кунтан пиншер ача вĕрен[се] тухнă. Вĕсем халĕ коммунизм обществ[ине] тăвас ĕçе активлă хутшăнаççĕ. Евгени Безручко, сăмахран, хăй чугун çул тран[]спорчĕн инженерĕ пулса ĕçлени çинче çырса пĕлтерет, Геннадий Кочетов авиа[] институтĕнче пысăк специалист пул[ма] хатĕрленет, Вера Яновская педагоги[ка] училищинче вĕрентет.

Хальхи вăхăтра ку çуртра 206 ача п[ă]рăнать. Социализмла çĕршыв вĕсемш[ĕн] тăван аппĕ-амăшĕ пекех тăрăшать. Ç[ирĕп] сывлăхлă пулса ÿсме, вĕренме, кул[ь]турăллă та савăна[çлă] пурăнма м[ĕн] кирли пурте пур.

Шкулсемпе техникумсенче уроксем ĕçленнĕ хыççăн х[у]ла урамĕсенче ça[мрă]ксен хаваслă ю[р]рисем илтĕнеççĕ. С[а]вăнăçлă юрăра вĕс[ем] хăйсене телейлĕ ça[м]рăклăх панăш[ăн] Ленин—Сталин па[р]тине, Совет прав[и]тельствине тав т[у]ваççĕ.

**Н. ВОЛКОВ,**
**(Хамăр корр.).**



ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: 1. Библиотека техникумĕн çурчĕ. 2. Педагогика училищин çурчĕ.
Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# Хĕвеллĕ çуркунне

Юратнă юлташăм, пирĕн çĕршыв çав тери аслă! Унăн вĕçĕ-хĕррисĕр талкишĕсене суран утса тухма çук, çăмăл автомобильпе те нумай-нумай уйăх çÿреме тивĕ, самолетпа та пĕр кун хушшинче вĕçсе çаврăнаймăн.

Апла, шухăшăмăрпа та пулин кайса çÿрер-ха Аслă Çĕршывăмăр тăрăх. Май уявĕнчи çутă ĕмĕтсем пирĕншĕн çунат вырăнне пулччăр, çĕклечĕр вĕсем пире çÿлтен çÿлерех, пĕтĕм çĕршыв пуянлăхĕпе илемне курса çаврăнма май паччăр.

Курмалли, ĕлĕкхипе хальхине танлаштарса тĕлĕнмелли хамăрăн тăван республикăпа унăн тĕп хулинче—Шупашкарта та чылай.

Вырăс халăхĕн аслă писателĕ-революционерĕ Александр Николаевич Радищев 1797 çулта, Çĕпĕрти ссылкăран таврăннă чухне, çул майăн Шупашкара кĕрсе тухнă та хăйĕн дневникĕнче çапла çырса хăварнă: «... хулана кайса çÿрерĕмĕр. Ăна—çуррине сăртлăхра, ыттине вара йĕркесĕррĕн — айлăмра туса лартнă. Чултан купаланă чиркÿсем çичче яхăн. Монастырь пур. Купецсен чул çурчĕсем нумай, авалхи архитектура. Пасарта е лавккасенче хресчен таварĕсем кăна; чирлĕ, кая юлнă ĕççыннисене нумай куртăм, вĕсене паспортсем памаççĕ, нумай хĕсĕрлеççĕ.

Якăр çĕклерĕмĕр те, баржăна вĕренпе туртса, бурлаксем апатланакан вырăна çитертĕмĕр, çыранта мăйăр, кĕпе-тумтир, тăла, çăпата сутса тăракан чăвашсем нумайччĕ».

Кун хыççăн тепĕр 140 çултан Украина халăхĕн аслă писателĕ-революционерĕ Тарас Григорьевич Шевченко (вăл та ссылкăран таврăннă май), Шупашкарта пулса, татах çавнашкал сăнсемех курать. Çав çĕр хĕрĕх çул хушшинче те кунта нимĕн те улшăнман иккен. Аслă писатель Шупашкарта чиркÿсем ахаль çуртсенчен те нумайраххине палăртать. «Кам валли туса лартнă-ши вĕсене?» тесе ыйтать вăл, чунĕ ыратнине пытараймасăр.

Паллах, кам валли! Чăваш ĕççыннисен пуçĕсене тĕн сĕрĕмĕпе минретме, вĕсене тата ытларах пусмăрлама. Ахальтен марĕнтĕ халăха чăн-чăн çутта кăларма тăрăшакансене, вăл шутра Радищева та, Шевченкона та тата ытти çĕршер те пиншер революционерсене патша влаçĕ ссылкăсенче, тĕрмесенче асаплантарнă. Халăха пусмăрлама çăмăлтарах пултăр тесе, чиркÿсем лартса панă, пупсем ĕрчетнĕ. Ахальтен мар Шупашкара чăпта е çăпата сутма килекен чăвашсем, тарăхса, çапла юрланă:

Атăлăн леш енче—шыв сасси,
хум сасси,
Атăлăн ку енче—чан сасси,
пуп сасси.

Чиркÿсемпе хупахсен, купца çурчĕсемпе «обжоркăсен» хули — Шупашкар Октябрьти социализмла революци хыççăн кăна чăн-чăн хула ятне илтме тивĕçлĕ пулчĕ, вăл Чăваш республикин тĕп хули, промышленноçпа культура центрĕ пулса тăчĕ. Юлашки 10—12 çул хушшинче хула уйрăмах вăйлăн ÿсрĕ.

Курăр-ха унăн паянхи сăн-сăпатне! Вăл куç умĕнчех ÿссе пырать. Пир-авăр комбиначĕн çĕнĕ корпусĕсем хушшинче, акă, ĕнерпе паян кăна мĕн чухлĕ улшăну пулчĕ. Вăл ÿссе пынипе Шупашкар çыннисем нумайăшĕ куллен çантăкран сăнаççĕ,—хăвăртрах, хăвăртрах ÿстĕрччĕ, тенĕ пек!

Комбинат таврашĕнче чăннипех те çĕнĕ хула—рабочисен поселокĕ ÿссе пырать. Чаплă та çутă çуртсенче пирĕн хулари чăннипех те çĕнĕ профессиллĕ çынсем — текстильщиксем пурăнаççĕ.

Хуларан Канашалла тухса кайнă çĕрте пĕтĕм Союзĕпе палăрса тăракан электроаппаратура завочĕпе унăн поселокĕ çултан-çул ÿссе, сарăлса пырать. Мускаври метро валли, Донбасс шахтисем валли, кăткăс электроаппаратсем туса кăларасси—пирĕн хулашăн татах çĕнĕ йышши промышленность.

Çак пысăк заводпа пир-авăр комбиначĕсĕр пуçне, хулара вăрçăччен те, вăрçă хыççăн та тата ытти чылай фабрикăсемпе заводсем туса лартнă. Ĕлĕк вăрăмтунасем пĕлĕт пек сĕрлесе тăракан вырăнта—Атăл леш енче халĕ торф кăлараççĕ, унăн вăйĕпе пысăк электростанци ĕçлет, вăл пĕтĕм хулана çутатса, фабрикăсемпе заводсене хăват парса тăрать.

Хулари рабочисен йышĕ çултан-çул ÿссе пырать. Кашни çĕр рабочирен утмăлăшĕ е çитмĕлĕшĕ халĕ чăваш халăхĕн ывăл-хĕрĕсем. Çапла ĕлĕкхи вăхăтра сухапуçпа суха тума, шĕшлĕпе çăпата тума, пир тĕртмелли е чăпта çапмалли стансемпе—пир тĕртме е чăпта çапма çеç пĕлнĕ чăваш çамрăкĕсем паян фабрикăсемпе заводсенче ку чухнехи чи кăткăс станоксемпе ĕçлеççĕ.

Революциччен Шупашкар халăхĕн йышне 150 çул хушшинче те 1.397 çын çеç хутшăннă. Чăннипех, ытла та мĕскĕн ÿсĕм!

Халĕ Шупашкарта рабочисемпе служащисемсĕр пуçне, техникумсемпе аслă шкулсенче вĕренекенсен йышĕ те çултан-çул ÿссе пырать.

Хула çыннисемпе вĕренекенсем валли государство ĕçлемелли, пурăнмалли, вĕренмелли, культурăллăн канмалли, çывăрмалли çĕнĕрен-çĕнĕ çуртсем—заводсем, хваттерсем, шкулсем, клубсем, больницăсем туса парать. Авă, Етĕрнене каймалли çул хĕрринче «больница хули» тума тытăнаççĕ. Карл Маркс урамĕнче педагогика институчĕпе ялхуçалăх институчĕн çĕнĕ çурчĕсене тума тытăннă. Пулас агрономсем валли чаплă общежити туса лартнă та ĕнтĕ.

Пирĕн хулана ĕçпе килекен çынсем час-часах тĕлĕнсе çапла ыйтаççĕ:—Ку çурта хăçан туса лартнă ара? Ку урам хăçан пулса тăнă?—теççĕ.

Тĕлĕнмелли малашне тата нумайрах пулĕ-ха.

Хăвах куратăн ĕнтĕ, юлташăм, пирĕн уяври ĕмĕтсем тепле çунатланаççĕ пулин те, эпир Шупашкартан та вĕçсе тухаймарăмăр-ха, кунта мĕн пуррине çуррине мар, чĕрĕкне те пăхса çаврăнма ĕлкĕреймерĕмĕр.

Мĕн чухлĕ курмалли пирĕн тата хамăр çĕршывра, аслă Совет Союзĕнче!

Тепĕр тесен, вĕсене пурне те шухăшпа та пăхса çаврăнаймăн. Анчах эпир çакна лайăх пĕлетпĕр: кирек ăçта çитсен те, Совет çĕршывĕн кашни кĕтесĕнчех социализмла государствăн хăвачĕпе илемĕ палăрса тăрать. Çакна эпир хамăр Шупашкарта та лайăх куратпăр. Çакнах куратпăр эпир республикăри ытти кашни хулара, кашни колхозра, кашни МТС-ра.

Çÿремелли çулсем нумай. Акă аслă Атăл,—пирĕншĕн анаталла та, тăвалла та çул уçă. Акă Шупашкарпа Канаш хушшинчи чугун çул е автобус çулĕ. Пурте вĕсем пире пĕтĕм Совет çĕршывĕпе, хамăрăн аслă столицăпа—Мускавпа çыхăнтарса тăраççĕ.

Истори кунĕ тăлее кура, эпир Совет Союзĕн вăтаçĕрĕнче пурăнатпăр. Чăн та, ĕлĕк те эпир Росси империйĕн вăтаçĕрĕнче пурăннă. Анчах пурпĕрех чăваш халăхĕ пурăнакан çĕрсем «окраина» вырăнĕнче шутланнă. Тем пысăкăш империн варринчи тĕттĕм кĕтес... Чăваш ĕççыннисем ĕмĕр-ĕмĕр хура пÿртсенче пурăннă, хăйă çутинче (краççын мар, хăйă!) çăпата тунă, чăпта çапнă. Кашни çĕр çынтан 80 е 90 çын трахома чирĕпе асапланнă, кашни çĕр çын пуçне 18 çын кăна хут пĕлнĕ, хĕрарăмсенчен вара кашни çĕр çын пуçне хут пĕлекеннисем виçĕ çын та пулман. Хут пĕлекен... Ун чухне саспаллишĕрĕн суйласа, аран-аран ала пусакана та хут пĕлекенсен шутне кĕртнĕ.

Халĕ пирĕн республикăн сăн-сăпачĕ йăлтах урăхла. Сĕм вăрмансенче, çара хирсенче çĕнĕ хуласемпе рабочи поселоксем, МТС-сем ÿссе ларчĕç.

Тухса пăхар-ха, юлташăм, колхоз хирĕсене! Халĕ çуракки хĕрсе пырать. Хирте тракторсем кĕрлеççĕ, çулсемпе грузовиксем чупаççĕ, вĕсем хире вăрлăх е удобрени турттараççĕ. Çурхи хĕвел ăшшинче кĕрхи тырăсен юр айĕнчен тĕрĕс-тĕкел тухнă калчисем ешереççĕ. Юнашарах тин акнă çурхи тырăсем шăтса шăртланаççĕ.

Ĕлĕк чиркÿ пуçа каçăртса ларнă çĕртлĕ вырăнта халĕ шкулсемпе клуб çурчĕсем суталаççĕ. Шкул пахчисенче, колхоз пахчисенче ялти ĕçченсемпе шкул ачисем улмуççисемпе çырла йывăççисем лартаççĕ, çĕнĕ садсем чĕртеççĕ, тăван республикăна çĕнĕрен сад пахчи туса хума ĕмĕтленеççĕ.

Çавал,Ункă, Энĕш, Шетмĕ, Пăла тата ытти юханшывсем çинче колхозсен гидростанцийĕсем ĕçлеççĕ. Чăваш ялĕнче халĕ хăй чикки вырăнне Ильич лампочки ялкăшнинчен ĕнтĕ никам та тĕлĕнмест. Электричество колхозниксен пурнăçĕпе йăлине кунран-кун ытларах кĕрсе пырать.

Вăхăт çитĕ, кĕçех çак пĕчĕкçĕ ГЭС-сем, Атăл çинчи аслă гидростанцисемпе çыхăнса, анлă та хăватлă пĕр энергосистема пулса тăрĕç.

Юратнă юлташăм, çутă малашлăхăн сăн-сăпатне эпир халех ĕнтĕ çĕршыври нумай кĕтессенче куратпăр.

Пăхса çаврăнăпăр, юлташăм, пĕтĕм Совет çĕршывне! Пур çĕрте те коммунизмăн аслă ĕçĕ çĕнтерсе пырать. Аслă Ленин: «коммунизм вăл—Совет влаçĕ тата пĕтĕм çĕршыва электрификацилени» тесе каланни пирĕн куç умĕнчех пурнăçа кĕрет.

Совет халăхĕн аслă ĕçне кура, халăх демократи çĕршывĕсенчи, аслă Китайри тата Демократилле Германи Республикинчи ĕççыннисем те çĕнĕ социализмла пурнăç тума хастаррăн тытăнчĕç. Совет халăхĕнчен капитализмла çĕршывсенчи ĕççыннисем те мирпе демократишĕн, çĕнĕ вăрçă чĕртме хапсăнакансене хирĕç кĕрешме вĕренеççĕ.

Юратнă юлташăм, эсĕ çакна паян, хĕвеллĕ çурхи кун çиççе тăнă чухне, уйрăмах лайăх туятăн, хăвăн куçупа куратăн.

Çĕр çăмăрĕ çинчи çулсем пурте пĕр çĕрелле — коммунизмалла туртăнаççĕ.

**Аркадий ЭСХЕЛЬ.**



## Телейлĕ, хаваслă пирĕн çамрăклăх

Ÿстерчĕ пире хурçă парти,
Эпир—парăнми çамрăк гварди.

Кун-çулăмăр пирĕн хаваслă,
Ĕçсемĕр хăватлă та аслă.

Мире хÿтĕлетпĕр, сыхлатпăр,
Эпир коммунизм тăватпăр.

Г. ЗИНЬКОВ фото-этючĕ.

## Машинистсен парни

КАНАШ. Пăравус деповĕнчи машинистсем, кочегарсем тата ытти рабочисем халăх хуçалăхне кирлĕ грузсене кирлĕ вырăна хăвăрт илсе çитерессишĕн, хăватлă техникăна татти-сыпписĕр ĕçлеттерессишĕн, тпливо перекетлессишĕн кĕрешеççĕ. Чылай машинистсем нормăран ирттерсе груз тиенĕ поездсем илсе çÿреççĕ, топливо перекетлеççĕ.

Иртнĕ уйăхра депори машинистсем нормăран ирттерсе груз тиенĕ 400 поезда яхăн илсе çÿренĕ, нормăран ирттерсе 10 пин тонна яхăн груз турттарнă, 200 тонна яхăн çĕр кăмрăкĕ перекетленĕ.

Машинистсем хушшинчи ăмăртура Назаров, Николаев, Казиков, Федорин, Курылев, Тиглев юлташсем малта пыраççĕ.

**К. БАРАМАТОВ,**
Канашри пăравус деповĕнчи партбюро секретарĕ.

## Тăватă уйăхри плана тултарнă

УЛАТĂР. (Телефонпа). Хулари рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем Май уявне ĕçри çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илессишĕн тăрăшса ĕçлерĕç.

Пăравус деповĕн машинисчĕсем йывăр тиенĕ поездсене пысăк хăвăртлăхпа çÿретрĕç, нормăран ирттерсе чылай груз турттарчĕç. Апрель уйăхĕн малтанхи 20 кунĕ хушшинче йывăр тиенĕ вунпилĕк поезд ăсатнă, планран ирттерсе пиншер тонна груз турттарнă. Депори машинист Голованов юлташ 20 кун хушшинче 14.583 килограмм, Казяев машинист — 13.188 килограмм, Серебряков машинист 13.800 килограмм çĕр кăмрăкĕ перекетленĕ. Çак вăхăт хушшинче депо пурĕ 400 тонна çĕр кăмрăкĕ перекетлерĕ.

Пăравуссем юсакан завод коллективĕ, уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, планран ирттерсе пилĕк пăравус юсама обязательство илнĕччĕ. Коллектив панă сăмаха чыслăн пурнăçларĕ. Нумай стахановецсем ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Игнатьев электросварщик, Горчаков долбежник, Сидоров тимĕрçĕ сменăри нормăна куллен 200—220 процент тултараççĕ. Чугун шăратакан цехри Карочаровский слесарь ĕç нормине 230 процент, механически цехри Романов токарь 260 процент тултарса пыраççĕ.

Аш-какай комбиначĕ апрелĕн 20-мĕшĕ тĕлне тăватă уйăхри плана 110 процент, çăкăр комбиначĕ 100,9 процент, Вырăнти топливо промышленность управленине пăхăнса тăракан вăрманпромхоз 107 процент, йывăçран япаласем тăвакан завод 100 процент тултарчĕç.

Хулари нумай предприятисен коллективĕсем паянхи демонстрацие тăватă уйăхри плана срокчен тултарнипе тухаççĕ.

**И. ЕРЕМИН,**
КПСС Улатăр хула комитечĕн секретарĕ.

## ПĔТĔМ СОЮЗРИ ĂМĂРТУРА МАЛА ТУХНĂ

Электроаппаратура завочĕн коллективĕ, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, паянхи куна ĕçри çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илчĕ. СССР Электростанцисен тата электропромышленность министерствине пăхăнса тăракан предприятисен кăçалхи пĕрремĕш кварталти социализмла ăмăртăвĕн итогĕсем тăрăх пирĕн завод коллективĕ пĕрремĕш вырăна тухрĕ, СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне пирĕнтех хăвармалла тунă. Министерствăна профсоюзăн Центральнăй Комитечĕ завод коллективне уяв ячĕпе тата ăмăртура мала тухнă ятпа саламласа телеграмма ячĕç.

Май уявĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, завод коллективĕ пысăк обязательствăсем илчĕ. Панă сăмаха чыслăн пурнăçлассишĕн цехсем, участоксем, сменăсем, бригадăсем, мĕнпур рабочисем хушшинче ăмăрту анлăн сарăлса кайрĕ. Çĕршер рабочи стахановла вахтăна тăчĕç, ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пыма, продукци пахалăхне лайăхлатма, материалсем, электроэнерги перекетлеме сăмах пачĕç.

Парторганизаци коллективĕн творчествăлла пуçарулăхне вăйлатса пыма, панă сăмаха чыслăн пурнăçлама кашни рабочи валли лайăх майсем туса пама, коммунистсен производствăри рольне тата ытларах ÿстерме тăрăшать.

Ăмăртăва коммунистсем пуçарса ертсе пыраççĕ. Инструментсем тăвакан цехри коммунистсем Мищенко, Королев, Петров юлташсем яланах пысăк пахалăхлă инструментсем туса параççĕ, ĕç нормине тăтăшах икĕ-виçĕ хут ирттерсе тултараççĕ. Марфенковпа Судаков токарьсем, Павлов калибровщик ĕç нормине 200—250 процент тултарса пыраççĕ. Участокри партгруппорг Довгаль юлташ ертсе пыракан комплекслă бригада задание яланах 200—250 процент пурнăçласа пырать, пысăк пахалăхлă продукци туса кăларать. Çак бригада ĕççĕне пĕтĕм завод коллективĕ мухтанать.

Коммунист-мастерсем Крупенко, Никитина, Кириллов, Киреев, Ефимов, Поляков юлташсем — пуçарулă организаторсем. Вĕсем производствăна яланах лайăх йĕркелеççĕ, кашни рабочи валли тухăçлă ĕçлеме майсем туса параççĕ, малта пыракансен опытне анлăн сараççĕ, рабочисене ĕç çине коммунистла пăхма вĕрентеççĕ. Цехсемпе пайсен начальникĕсенчен Пестряков, Кудряшов, Кулыгин, Федченко коммунистсем уйрăмах паха тĕслĕхсем кăтарнине палăртас пулать. Çакăн пек тĕслĕхсем завод пурнăçĕнчен тата нумай илсе кăтартма пулать.

Çĕршер рабочи ĕç нормине тăтăшах ирттерсе тултараççĕ, пысăк пахалăхлă продукци туса кăлараççĕ. Завод коллективĕн политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ нумай ÿсрĕ. Çакна пула завод уяв ячĕпе илнĕ обязательствăна чыслăн пурнăçларĕ: апрелĕн 25-мĕшĕ тĕлне тăватă уйăхри производство планне тултарчĕ. Паянхи кун тĕлне завод металлурги, сăрт-ту промышленноçĕ электростанцисем валли планран ирттерсе чылай аппаратсем туса кăларчĕ.

СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне заводра хăвармалла тунине коллектив хĕпĕртесе кĕтсе илчĕ. Çак ялав пире тата тухăçлăрах ĕçлеме, продукци пахалăхне лайăхлатма, материалсемпе электроэнерги ытларах перекетлеме хушать. Заводра иккĕмĕш кварталти плана срокчен тултарассишĕн, СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне хамăр аларах хăварассишĕн социализмла ăмăрту çĕнĕ хăватпа вăйланса пырать.

**Н. ШУВАЛОВ,**
Электроаппаратура заводĕнчи партком секретарĕ.

# Пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен уявĕ

Майăн пĕрремĕшне тĕнчери çĕршер пин ĕççыннисем уявлаççĕ. Коммунизм тăвакан совет çыннисем, халăх демократи çĕршывĕсенчи çĕнĕ пурнăç тăвакан ĕççыннисем, ирĕклĕхе юратакан Корейăри арçынсемпе хĕрарăмсем, капитализмла государствăсенчи миллионшар рабочисемпе работницăсем, колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенчи ĕççыннисем—миршĕн тата демократишĕн кĕрешекенсем пурте халăхсен малашнехи ырă пурнăçĕшĕн кĕрешмелли ялава çÿле çĕклеççĕ.

Майăн Пĕрремĕш кунĕ—пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем пĕр шухăш-кăмăллине кăтартмалли кун. Çав кун социализм, демократи тата мир лагерĕн пысăк вăйĕ, рабочи класс хăвачĕ, халăхсене ирĕклĕхшĕн кĕрешес ĕçре ертсе пыракан Коммунистсен партийĕсемпе Рабочисен партийĕсен пĕрлĕхĕпе вăйĕ уйрăмах уççăн курăнать.

Халĕ ĕнтĕ 800 миллион çын ытла — çĕр çинче пурăнакан мĕнпур çынсенчен виççĕмĕш пайĕ—капитализм сăнчăрĕнчен хăтăлнă. Миршĕн, социализмшăн тата демократишĕн кĕрешекен лагерь—ирĕклĕхе юратакан халăхсен пысăк вăйĕ. Çак лагерь Пекинпа Кантонран пуçласа Прагăпа Будапешта çитиччен сарăлнă. Халăх демократи государствисенче обществăллă çĕнĕ строй татăкланах çирĕпленчĕ, вăл ĕççыннисене ирĕклĕ те телейлĕ çĕнĕ пурнăç тума май парать.

Совет Союзĕ тăванла пулăшнипе халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисем хăйсен çĕршывĕсем экономика тĕлĕшĕнчен ĕмĕртенпех кая юлнине хăвăрт пĕтерсе пыраççĕ. Аслă Китай çĕнĕ пурнăç тумалли анлă çул çине тăчĕ. Майăн Пĕрремĕшĕнче Совет Союзĕнчи халăхсем аслă Китай халăхне, халăхăн демократиллĕ хăватлă Китай государствине тăвас ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тунă халăха, тăванла салам яраççĕ. Совет çыннисем Китай Халăх Республикипе Совет Союзĕ хушшинчи аслă туслăх ÿссе, çирĕпленсе тата чечекленсе пытăр тесе тăрăшаççĕ, мĕншĕн тесен çак туслăх Инçет Хĕвелтухăçĕнчи тата пĕтĕм тĕнчери мирлĕ саманан çирĕп тĕрекĕ пулса тăрать.

Польшăпа Чехословаки промышленность енĕпе Европăра малта пыракан çĕршывсем пулса тăчĕç. Венгри, Румыни, Болгари тата Албани хуçалăхпа культурăна аталантарас ĕçре пысăк çитĕнÿсем турĕç. Демократилле Германи Республикинчи ĕççыннисем çĕнĕ пурнăç никĕсне ăнăçлăн тăваççĕ.

Пирĕн аслă Тăван çĕршыв мирпе демократин хăватлă лагерьне ертсе пырать. Совет Союзне—тĕнчери рабочисемпе революцилле движенин пĕрремĕш «Ударнăй бригадине» пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем кăмăлласа юратаççĕ. Маркс—Энгельс — Ленин—Сталин вĕрентĕвĕпе хĕçпăшалланнă Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе Совет çĕршывĕ социализмла аслă держава пулса тăчĕ. Тĕнчери малта пыракан çынсем тивĕçлипех пирĕн çĕршыва ырă пурнăç патне çитме çул кăтартса тăракан çутă маяк тесе шутлаççĕ.

Империалистсемпе вĕсен хаçачĕсем ĕççыннисене улталама тăрăшаççĕ. Анчах вĕсем фактсене пытарма пултараймаççĕ. Социализм капитализмран малта тăнине пытарса тăма май çук. Империализм лагерĕ васкаса хĕçпăшалланни ĕççыннисем çине пысăк йывăрлăх курать,—çавна капитализмла çĕршывсемпе колонисенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи ĕççыннисем хăйсен пурнăçĕнче тÿссе кураççĕ. Вĕсем çакна пĕлеççĕ: империалистсем васкасах çĕнĕ вăрçа хатĕрленни ĕççыннисен пурнăçне начарлатать, эксплуатацие, нацилле пусмăра вăйлатать. Çав вăхăтрах мирлĕ политика тытса пыракан социализм лагерĕнчи çĕршывсенче производительнăй вăйсем чечекленсе ÿсеççĕ, халăхсен пурнăçĕ пĕрмаях лайăхланать, культура ÿссе пырать.

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланнă совет çыннисем Майăн Пĕрремĕшне ĕçри çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илеççĕ. Вĕсем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн ăнăçлă кĕрешеççĕ. Совет государствин производительнăй вăйĕсем куллен-кун ÿссе пыраççĕ, унăн вăй-хăвачĕ тĕрекленет, халăх пурнăçĕ лайăхланса пырать.

Пирĕн социализмла аслă Тăван çĕршывра мирлĕ ĕç анлă сарăлнă. Коммунистсен партийĕ палăртса хунă план тăрăх ĕçлесе, совет çыннисем коммунизмăн чаплă çуртне тăваççĕ. Пур çĕрте те мирлĕ промышленность предприятийĕсем, гидростанцисем, шкулсем, больницăсем туса лартаççĕ. Пирĕн çĕршыв çултан-çул ытларах тĕрекленсе тата илемленсе пырать, унăн сăн-сăпачĕ улшăнса çĕнелет, совет çыннисен пурнăçĕ чечекленсе пырать.

Халăх интересĕсемшĕн ĕçлесси, халăх валли ырă пурнăç туса парассишĕн тăрăшасси Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет правительствишĕн чи аслă закон пулса тăрать. Мĕнпур ĕççыннисем валли савăнăçлă та телейлĕ пурнăç туса памалла,—çак аслă тĕллевпе ĕçлесе пырать Коммунистсен партийĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăхăн мĕнпур ыйĕсен пурнăçне пĕрмаях лайăхлатса пырассишĕн, пĕтĕм обществăн пĕрмаях ÿссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене çителĕклипех тивĕçтерессишĕн тăрăшаççĕ,—çакна пирĕн çĕршыври ĕççыннисем лайăх пĕлсе тăраççĕ. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăх ырлăхĕшĕн яланах ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнипе ĕнтĕ пирĕн çĕршывра апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен хакне вăрçă хыççăн улттăмĕш хут йÿнетнĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, пролетарилле интернационализм ялавне çÿлте тытса, совет çыннисене яланах халăхсен тăванла туслăхĕшĕн тăма вĕрентсе пырать. Хамăрăн нумай нацилле государствăна—совет халăхĕсен телейлĕ пурнăçĕн никĕсне—тĕреклетессишĕн Коммунистсен партийĕ ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать.

Совет государствин тулашри политики те халăх ырлăхĕшĕн тăрăшассине чи пысăк вырăна хурать. Пирĕн Совет правительстви, мĕнпур халăхсен тĕп интересĕсене асра тытса, мире сыхласа хăварассишĕн тата тĕреклетессишĕн, çĕнĕ вăрçă хатĕрленине хирĕç çине тăрса кĕрешет. Капитализмла çĕршывсенчи миллиардерсемпе миллионерсем çеç, халăхсем юн юхтарса асапланнă вăхăтра питĕ пысăк услам илсе юлас тесе, вăрçă кăларассишĕн хыпăнаççĕ. Мĕнпур çĕршывсенчи халăхсен пысăкрах пайне илес пулсан, вăл вăрçа хирĕç, миршĕн тăрать.

Совет правительстви çапла шутлать: интересленекен çĕршывсем пĕр-пĕринпе калаçса татăлнă тăрăх мирлĕ йĕркепе татса пама май килмен е татса параймалли тавлашуллă ыйту çук. Халăхсем текех çĕнĕ вăрçă ан пултăр тесе тăрăшнине асра тытса, пирĕн Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви мĕнпур халăхсем мирлĕ пурăнмалли политикăна çирĕп тытса пыраççĕ.

ССР Союзĕ, Китай Халăх Республики, Демократиллĕ Корея Халăх Республики Корейăри юнлă вăрçа чарса лартма, Инçет Хĕвелтухăçĕнче тата пĕтĕм тĕнчере мире тĕреклетме тăрăшаççĕ. Вĕсем çапла тăрăшнине пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем ырлаççĕ.

Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем миршĕн, халăхсем хушшинчи туслăхшăн çине тăрса кĕрешни тĕнчери ĕççыннисене, миршĕн, нацисем никама пăхăнмасăр пурăнмалла тăвассишĕн кĕрешекенсене çĕнĕ вăй парать.

Тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи рабочи класпа ĕççыннисем кăçалхи Май уявне хăйсен речĕсене тата тачăрах пĕтĕçтерес, ленинла-сталинла интернационализм ялавне çÿлте тытса пырас тĕллевпе ирттереççĕ. Буржуазипе унăн агентури урса кайнă пекех хĕсĕрленине пăхмасăр, демократилле движени уйрăм çĕршывсенче те, пĕтĕм тĕнчери пĕрлешÿсем тăвас енĕпе те ÿссе пырать.

Пĕтĕм тĕнчери демократилле организацисем—Профсоюзсен тĕнчери федерацийĕ, Хĕрарăмсен тĕнчери демократилле федерацийĕ, Çамрăксен пĕтĕм тĕнчери демократилле федерацийĕ—хăйсен речĕсенче çĕршер миллион ĕççыннисене пĕрлештерсе тăраççĕ. Çак пĕрлешÿсем ĕççыннисен прависемпе интересĕсемшĕн çине тăрса кĕрешеççĕ.

Капиталистсен монополийĕсем эксплуатацие вăйлатса, ĕççыннисен пурнăçне начарлатса пыраççĕ. Çавна хирĕç рабочи класс кĕрешÿре тĕрĕсленнĕ майпа—забастовкăсем туса кĕрешет. Капитализмла çĕршывсенче пуринче те забастовкăсем час-часах пулаççĕ. Иртнĕ çулта США-ра, Италире, Францире, Японире, Англире тата ытти капитализмла çĕршывсенче пиншер забастовка пулнă, рабочисемпе работницăсем вуншар миллион çын забастовка тума хутшăннă. Стачкăсен хумĕ çуллен-çул ытларах сарăлать. Забастовка тăвакан рабочисемпе работницăсем пысăк чăтăмлăх кăтартаççĕ. Вĕсем забастовка тунă чухне экономикăлла требованисемпе пĕрлех политикăлла требованисем те кăларса тăратаççĕ.

Францире, Италире тата ытти капитализмла çĕршывсенче те буржуази фашистла йĕркесем туса хума, ĕççыннисене пусарса лартма хăтланать пулсан, çавна хирĕç ĕççыннисем пысăк хастарлăхпа кĕрешеççĕ. Ку вăл халăхсем хăйсен прависемшĕн кĕрешессине вăйлатса пынине пĕлтерет. Итали парламенчĕн буржуази майлă тăракан пысăкрах пайĕ мошенникла суйлав законĕ йышăннине хирĕç çĕршыври ĕççыннисем пысăк забастовка тунă.

Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсенче пурăнакан халăхсем империалистсен пусмăрĕнчен ирĕке тухассишĕн кĕрешеççĕ. Вĕсен кĕрешĕвĕ калама çук анлăн сарăлса пырать. Китайра халăх революцийĕ историлле çĕнтерÿ туни, Корея халăхĕ пысăк паттăрлăхпа кĕрешни колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсем ирĕклĕхшĕн кĕрешессине çĕнĕ, çÿлĕрех сыпăка çĕклерĕ. Çак кĕрешÿ малалла вăйланса пырасси Инди халăхĕ ирĕклĕхшĕн кĕрешесси вăйланса пынинчен нумай килет. Африкăра пурăнакан тĕп халăх та, Вăтам Хĕвелтухăçĕпе Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи халăхсем те империалистсен йывăр пусмăрĕнчен хăтăлассишĕн кĕрешме çĕкленсе пыраççĕ.

Социализм, демократи, мир лагерĕ никам çĕнтерейми хăватлă. Çак лагерĕн пĕрлĕхĕпе хăвачĕ куллен-кун тĕрекленсе пырать. Кун пек пысăк вăй, çакăн пек анлă сарăлнă движени тĕнчере халиччен пулманччĕ-ха. Социализм лагерĕнчи çĕнĕ пурнăç тăвакан ĕççыннисем тата капитализмла çĕршывсенчи хăйсен прависене хÿтĕлесе хăварассишĕн, миршĕн кĕрешме çĕкленекен миллионшар ĕççыннисем мире сыхласа хăварма пулассине çирĕп шанса тăраççĕ.

Кăçалхи Майăн Пĕрремĕшĕнчи уяв çакна кăтартса парĕ: халăхсем ырă пурнăç патне çитмелли çула пÿлсе лартма пултаракан вăй тĕнчере çук.

**В. КОРИОНОВ.**

# Çĕмĕрлери рабочисем Мускаври университет çуртне тунă çĕрте



Совет Союзĕшĕн кирлĕ продукци туса кăлараççĕ. Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ—çавăн пек предприятисенчен пĕри. Вăл Мускаври Ломоносов ячĕпе тăракан университетăн çÿлĕ çурчĕ валли паха шкафсемпе сĕтел-пукан туса панă. Комбинатри чи ăста столярсем Мускавра университет çуртĕнче шкафсемпе сĕтел-пукана вырнаçтарса лартас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

**УКЕРЧĔКСЕМ ÇИНЧЕ:** сулахай енче—И. В. Микин бригадир (сылтăмри) тата М. И. Кандрин столяр университет лабораторийĕ валли шкаф пухса лартаççĕ. Варринче (сулахайран сылтăмалла)—Г. Шалфеев, Н. Желтухин тата Ю. Шалфеев столярсем хими факультечĕн лабораторийĕнче сĕтел пухса лартаççĕ. Сылтăм енче—Çĕмĕрлери ремесла училищинчен вĕренсе тухнă çамрăк столярсем хими факультечĕн лабораторийĕнче сĕтелсене якатаççĕ. Малти вырăнта — Е. Ефремов бригадир.

Н. СИТНИКОВ фотоÿкерчĕкĕсем (ТАСС фотохроники).

## ДИПЛОМНИКСЕМ

Пур çĕрте те уяв. Балшиех ăна палăн савăнса кĕтсе илет, пысăк ĕçпе паларттать. Шупашкарти педагогика институтĕнчи студентсем, акă, экзаменсем параççĕ. Вĕсен халĕ вĕренÿри чи хĕрÿллĕ тапхăр.

Кăçал институтран 184 студент вĕренсе тухмалла. Курс экзаменĕсене парса пĕтерсен, тата тепĕр уйăхран, вĕсем государство экзаменне пама тытăнаççĕ.

Çăмăл ĕç мар экзамен парасси — мĕн вĕреннине пĕтĕмпе аса илмелле. Çак вăхăта та вĕсем шанчăклăн кĕтсе илеççĕ.

Институтран вĕренсе тухакансем шкулсене ачасене вĕрентме каяççĕ. Пĕр хамăр Чăваш республикинче çеç вĕсем çĕр иккĕн юлаççĕ, ыттисем тĕрлĕ республикăсемпе облаçсене каймалла.

Кăçал диплом илекенсенчен тăххăрăшĕ аспирантурăна кĕреççĕ. Вĕсенчен пĕри Етĕрне районĕнчи Кĕçĕн Шемертен чăвашĕ Эрнест Илларионович Объездчиков. Вăл физикăпа математика факультетĕнчен вĕренсе тухать. Тăван килĕнчи амăшĕ пĕтĕм чĕререн савăнса тăма пултарать: унăн ывăлĕ институтра тăватă çул хушши питĕ ăста вĕренсе пычĕ. Кăçал вăл Наука академийĕн Хусанти филиалне вĕренме каять.

Хĕпĕртесе пăхатăп эпĕ унăн сарлака кăкăрĕ çине. Икĕ рет награда ленчисем. «Эсĕ фронтра та пулнă-и», тесе ыйтатăп та, Эрнест йăл кулать. «Паян шăпах сакăр çул эпир Берлина штурмлани», тет. Вăл миномет расчечĕн сержанчĕ пулнă. «Çавăн чухне математикăпа физикăна чунтан юратса пăрахрăм та, вара вĕренме ĕмĕт тытсаттăм», тет Объездчиков. Анчах вăрçăран таврăнсанах вĕренме тытăнман-ха, вăл малтан икĕ çул хушши Шемертенте ял Совет председателĕнче ĕçленĕ, çавăнтан кайран тин вĕренме кĕнĕ те, кăçал акă—диплом илет. Малашне вăл физика енĕпе ĕçлесшĕн, вăй тата ăстăн çитнĕ таран тăван халăха пулăшса тăрасшăн.

Ишлей районĕнчи Вускасси ялĕнчен килнĕ комсомолец Анатолий Горшков кăçал чĕлхепе литература факультетĕнчен вĕренсе тухать. Вăл ÿлĕм чăваш халăхĕн чĕлхе культурине вĕренсе пыма ĕмĕтленет.

Роза Якимова Куславккаран килнĕ студентка. Вăл та—отличница. Кăçал Роза, вĕренсе тухсан, тахçан хăй вĕреннĕ шкулах математика вĕрентме каять. Вĕрентмелле те, вĕренсе те пымалла—çак йăла унăн çамрăк пурнăçне мĕн ачаран кĕрсе юлнă. Хăй шкулта вĕрентнĕ чухне те вăл аспирантурăра хăй тĕллĕн вĕренсе пыма шутлать.

Акă дипломница Зинаида Мишина, унăн икĕ аппăшĕ пур, иккĕшĕ те институтра вĕренсе тухнă, халĕ шкулсенче вĕрентеççĕ. Зинаида комсомолка, тăватă çул хушши вăл институтра отличница пулнă. Малашне вăл педагогика наукине вĕренме аспирантурăна кĕрет. «Пĕтĕм çемйипех эпир совет влаçне, Ленин—Сталин партине тав тăватпăр», тет вăл.

Кăçал пирĕн шкулсене çĕнĕ кадрсем пыраççĕ. Вĕсем пирĕн республикăна çеç мар, ытти республикăсемпе облаçсене те каяççĕ. Утмăл тăватă студент ытти республикăсенче ĕçлеме тытăнаççĕ. Сăмах май асăнсан, студентсенчен нумайăшĕ Инçетри Хĕвелтухăçĕнчи шкулсене вĕрентме каясшăн. Чăвашсем унта та сахал мар. Ангелина Косицина комсомолка хăй тантăшĕсене Хабаровска кайма чĕнет. Унпа, пĕрле кайма Ангелинăн çывăх юлташĕсем килĕшнĕ.

Студентсен аслă çулĕ уçăлнă, пурнăçĕ малалла-ха. Мĕн кăна вĕренмĕç вĕсем, мĕн кăна тăрăшса тумĕç—тăван халăха усă паракан пархатарлă та хисеплĕ ĕçе туса пырĕç. Телейлĕ те ырă пулччăр вĕсен çулĕсем. Вĕсем хăйсен пĕтĕм хастарлăхне, ăс-тăнне, вăйне тăван халăха пама тăрăшчăр.

Н. ИЛЬБЕК.

## ИНÇЕТРИ ТУССЕМ

Пирĕн республикăри нумай шкулсем халăх демократи çĕршывĕсенчи шкулсенче вĕренекенсемпе çыхăну тытаççĕ. Пĕрпĕрипе тачă çыхăну тытни шкул ачисен туслăхне ÿстерет, вĕренес кăмăлне çĕклет, çирĕп дисциплинăллă пулма хăнăхтарать.

Иртнĕ çулла Çул-йĕр министерствин Канашри 49-мĕш номерлĕ пуçламăш шкулĕнчи вĕренÿ отличникĕсен пĕр ушкăнĕ Мускавра экскурсире пулнă. Вĕсем чугун çул транспорчĕ валли инженерсем хатĕрлекен институтра вĕренекен студент-кореецпа Ким Цен Хенпа паллашнă.

Пионерсем Ким Цен Хена çырупа парнесем панă, вĕсене Корейăри пĕр-пĕр пуçламăш шкулта вĕренекенсене пама ыйтнă.

Ким Цен Хен Канаш пионерĕсен парнисене Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи Чугун çул министерствин 1-мĕш номерлĕ пуçламăш шкулĕнчи пионерсене панă.

Çав вăхăтран пуçласа Канашри пионерсем Корея пионерĕсемпе çыхăну тытаççĕ. Инçетри туссем 49-мĕш номерлĕ пуçламăш шкулти пионерсем патне ответлă çырупа парнесем янă.

Инçетри туссем хăйсен çырăвĕнче çапла çыраççĕ:

«Сирĕн çырупа парнесене илсен эпир питĕ савăнтăмăр. Эпир, Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи чугун çул министерствин 1-мĕш номерлĕ пуçламăш шкулĕнчи пионерсем, Америка империалисчĕсене хирĕç пыракан вăрçăра аттесемпе çывăх тăванĕсене çухатнă ачасем, сирĕн пата пионерла хĕрÿллĕ салам яратпăр.

Пирĕн правительство, аттемĕр тата сулпуçăмăр Ким Ир Сен çамрăксене вĕрентсе воспитани парассипĕн тимлĕн тăрăшаççĕ. Çакă вăл пире тата лайăхрах вĕренме хавхалантарать. Пирĕн отряд «Малта пыракан отряд» ятне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Вĕренÿре тата хăвăрăн савăнăçлă пурнăçăрта пысăк çитĕнÿсем тума ырă сунатпăр».

49-мĕш номерлĕ шкулти пионерсем инçетри туссем патне ответлă çыру çырнă, парнесем ярса панă.

Шупашкарти арçын ачасен 4-мĕш номерлĕ вăтам шкулĕнче 10-мĕш класра вĕренекенсем Болгарири Новая Загора хулинчи вăтам шкулсенче вĕренекенсемпе çыхăну тытаççĕ. Болгарири комсомолецсем Чăваш республикинчи ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланса, культура ÿссе пынипе, шкулти комсомол организацийĕ мĕнле ĕçленипе интересленеççĕ.

10-мĕш класра вĕренекен Леонид Яковлев Новая Загора хулинчи «В. Левский» шкулĕнчи 9-мĕш класра вĕренекен Адриана Симеонова комсомолкăпа çыхăну тытать. Симеонова хăй мĕнле вĕренни çинчен, вĕсен хули ÿссе пыни çинчен çырса пĕлтерет. «Пирĕн хула çывăхĕнче В. И. Ленин ячĕпе тăракан гидроэлектростанци строительстви пырать», тесе çырать вăл. Симеонова Яковлев патне çамрăксен димитровла союзĕн значокне ярса панă, унтан ВЛКСМ значокне ярса пама ыйтнă. Яковлев унăн ыйтăвне пурнăçланă.

Шупашкарти хĕрачасен 3-мĕш номерлĕ вăтам шкулĕнчи пионерсем Чехословакири Оломоуц хулинчи Гаврички ячĕпе тăракан шкулти тата Луже хулинчи пĕр шкулти пионерсемпе çыхăну тытма пуçлани виççĕмĕш çул ĕнтĕ.

Юлашки вăхăтра янă çырăвĕнче Оломоуц хулинчи пионерсем хăйсен телейлĕ те савăнăçлă пурнăçĕ çинчен, лайăх вĕренсе çирĕп пĕлÿсем илсе Тăван çĕршывшăн усăллă çынсем пулма ĕмĕтленни çинчен пĕлтереççĕ, совет пионерĕсен пурнăçĕ çинчен, шкулти пионерсен дружини мĕнле ĕçсем туса ирттерни çинчен çырса яма ыйтаççĕ.

Çапла çирĕпленсе пырать Совет Союзĕнчи çамрăксемпе халăх демократи çĕршывĕсенчи шкулта вĕренекенсем хушшинчи çыхăну.

## Çуракинчи ăмăрту

ЕЛЧĔК. Май уявĕ тĕлне Ленин ячĕпе тăракан колхоз çураки планне çурри тултарчĕ. Эпир 443 гектар тырă акрăмăр, вăл шутра 322 гектар тулă, 121 гектар сĕлĕ. Нумай çул ÿсекен курăксене 30 гектар çине селлкăсемпе лайăх акса хăвартăмăр.

Ака-суха ĕçĕнче комсомолецсемпе çамрăксем пысăк хастарлăх кăтартаççĕ. Ф. Смирнов, П. Смирнов, А. Карлин комсомолецсем селлкăсемпе талăкра 5,5-шер гектар акмалла пулсан, кашни кунах 7-шер гектар акса пыраççĕ.

Уяв уй-хирте хĕрÿллĕ ĕçленĕ вăхăтра иртет. Колхозниксем ĕç хăвăртлăхне ÿстерсе пыраççĕ.

Г. ТЯБУКОВ,
Ленин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ.

* * *

КУКЕÇ. Май уявне пирĕн колхозниксем уй-хирти çурхи ĕçсене хăвăрт туса пынипе кĕтсе илеççĕ. Кĕрхи тырăсен калчипе курăксене удобренисем памалли плана тата кĕрхи тырăсен калчине сÿрелемелли плана эпир кĕске срокра ирттерсе тултартăмăр.

Трактористсем пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Н. Прокопьев тракторист «ДТ-54» тракторпа сменăри нормăна куллен 150 процент тултарать. И. Дорофеев тракторист урапаллă тракторпа виçĕ кун хушшинче 33 гектар тырă акрĕ.

М. ЕГОРОВ,
Шупашкар районĕнчи Каганович ячĕпе тăракан колхоз председателĕ.

* * *

ВĂРНАР. Çĕрпелĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозăн уй-хирĕсенче МТС-ăн 10-мĕш трактор бригади çураки ĕçĕсене хăвăрт тата пысăк пахалăхпа туса пырать. Бригадăри трактористсем пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлеççĕ. Ăмăртура «С-80» тракторпа ĕçлекен тракторист А. Воробьев юлташ малта пырать. Унăн агрегачĕ нормăна тăтăшах ирттерсе тултарать.

Н. МИХАЙЛОВ,
Вăрнар МТС-ĕн диспетчерĕ.

## Май

Паян тÿпе сенкер те тап-таса.
Хăмач ялавсене вăркăштарса,
Май çилĕ ăшшăн-ăшшăн вĕркелет,
Пире уявпала саламласа,
Тăван çĕршыв хĕвелĕ çĕкленет.

Паян уяв, паян тупа тăватпăр
Мир ялавне ялан çÿлте тытма:
Уй-хирсенче кĕрлетĕр мирлĕ трактор,
Ĕçчен ĕçлетĕр, сарă тулă актăр,
Никам ан чартăр çав тулла шăтма.

Паян уяв, чи чаплă уяв кунĕ.
Йĕри-тавра илемлĕ çуркунне.
Ĕççыннисем мĕльюн-мĕльюнăн
Пĕрле тăрса виçеççĕ вăйсене.

Çав вăй-хала рабочисем туптанă,
Тăшман хĕçĕсене сире-сире,
Телейлĕ пурнăçшăн хăюллăн тăнă
Вут-çулăмлă хаяр кĕрешÿре.

Тÿпе сенкер, вăл океан пек аслă.
Кусра—йăл кулă, чĕрере—хăват.
Уяв тумашкăн ирĕклĕ, хавасла:
Пур ĕç тĕнчи пирĕнпеле утать.

Тĕнче йăлтах тасалĕ. Сумăр хыççăн
Тырпул калчи пуçне çĕкленĕ пек,
Корейăпа Вьетнам та сывлĕç уççăн,
Хирсем кĕрлемĕç тупă сассипе.

Паян уяв, паян тупа тăватпăр
Мир ялавне ялан çÿлте тытма.
Эпир хăватлă, пирĕн гварди паттăр,
Эпир татах, татах вăя пухатпăр
Хĕвеллĕ коммунизмшăн тăма.

Александр КЛЕМЕНТЬЕВ.

## Çурхи

Сарлака, тулли кăçалхи Атăл,
Кайăк та вĕçсе каçасла мар...
Юррăмçăм, ан татăл та ан ватăл,
Çуркуннесĕм, çĕнĕ сывлăх пар!

Шупашкарăм, ирĕклĕ çĕршывăм —
Аслă ĕçĕн аслă планĕнче.
Ан мăкал, чĕлхем, чĕрем, ан ывăн!—
Тетĕп эп пĕр палăк патĕнче.

Чăваш халăх ватăлми поэчĕ
Карлăкланă çÿлĕ çырантан
Хĕвелтухăçне пăхса тинкерчĕ:
Хĕвел тухрĕ тарăн Атăлтан.

Пуçласа çакна пиччемĕр курчĕ:
Вăл кунта пĕррремĕш çуркунне.
Пуçласа кăçал вăл илтсе юлчĕ
Атăл пăрĕ шатăртатнине.

Шатăртатрĕ, хĕсĕнчĕ те—лаштăр
Çурăлса хускалчĕ пăр вара...
Сенттисем сикеççĕ тăпăр-тапăр
Константин Васильевич тавра.

Ваттисем ăна ятран чĕнеççĕ:
«Ну, Кĕстюк, мĕнле-ха пурнăçсем?»
Патăрьел таран ĕмĕтленеççĕ
Ун шăйне çитме яш сăвăçсем.

Çитĕç, çитĕç, тен, иртсе те кайĕç,—
Саманамăр çулĕ сарлака.
Анчах ĕмĕр-ĕмĕрех пуç тайĕç
Çак пĕррремĕш бронза палăка.

Савние—савни, ирĕке—ирĕк,
Чăваша—чăваш тенĕ чухне
Ун патне таçтан-таçтан çын пырĕ,
Ытараймĕç ун таса чунне...

Петĕр ХУСАНКАЙ.

## Совет çыннисем валли

Юлашки вăхăтра республикăри вырăнти промышленноçăн хăшпĕр предприятийĕсем ĕçе механизацилес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕç. Ку вăл ĕççыннисем валли куллен кирлĕ япаласем ытларах туса кăларма май парать. Полукирери райпромкомбинатра çĕнĕ локомобиль ĕçе янă. Буинскри йывăç япаласем тăвакан комбинатра локомобиль, генератор тата чылай станоксем лартнă, сĕтел-пукан тăвас ĕçе механизациленĕ. Комбинат колхозсенчи выльăх-чĕрлĕх фермисен витисем валли рамăсем туса кăларать.

Ĕçе механизацилес тĕлĕшпе уйрăмах çĕвĕ çĕлекен цехсемпе мастерскойсенче пысăк ĕçсем тунă. Шупашкарти Ленин ячĕпе тăракан çĕвĕ фабрики машинăсем чылай туянчĕ. Çавăн хыççăн ĕç тухăçлăхĕ чылай ÿсрĕ, продукци пахалăхĕ лайăхланчĕ. Индпошив мастерскойĕсенче пуринче те электричество вăйĕпе ĕçлекен машинăсем лартнă.

Ĕлĕкрех Шупашкарта электросчетчиксем, электромоторсем юсакан мастерскойсем пулман. Çав япаласене юсаттарма Хусана е Горький хулисене кайма тивнĕ. Юлашки вăхăтра Шупашкарти тарасасем юсакан завод электромоторсемпе счетчиксем юсас ĕçе йĕркелерĕ.

Улатăр хулинчи промкомбинат кăçал çур пин ытла хут кунăс туса кăларнă. Канаш хулинчи промкомбинат колхозсемпе учрежденисем валли краççынпа бензин тытмалли цистерна, пичке, ĕççыннисем валли—хуран, витре, çатма, таз тата ытти япаласем туса кăларать.

Май уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, 12 райпромкомбинат тăватă уйăхри плана апрелĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ тата ирттерсе тултарчĕç. Вăрнарти райпромкомбинат çур çулхи плана ирттерсе тултарчĕ. Канаш хулинчи, Чурачăкри, Çĕрпÿри, Сĕнтĕрти промкомбинатсем тăватă уйăхри планран ирттерсе чылай продукци туса кăларчĕç.

М. ШИШКИН,
Чăваш АССР Вырăнти промышленность министрĕн заместителĕ.

# ПУЛТАРУЛЛĂ ÇЫНСЕМ

— Тĕрĕссипех калас пулать çав—пирĕн хуçалăх юлашки çулсенче кăна, колхозсене пĕрлештернĕ хыççăн тин ура çине çирĕппĕн тăрса, пур енчен те аталанма тытăнчĕ. Унччченхипе мухтанмалли çук. Тырри-пулли те сахалтарах пулса пынă пирĕн, выльăх-чĕрлĕхĕ те сахал, обществăлла çурт-йĕрсем те çителĕксĕр пулнă... Мĕншĕн? Мĕншĕн тесен вăй сахал пулнă, пысăк ĕçсене хускатса яма та пултарайман эпир. Халĕ ак, ик-виç çул хушшинчех мĕн-мĕн тумарăмăр пулĕ!

Çапла каларĕç пире Çĕрпÿ районĕнчи Н. С. Хрущев ячĕпе тăракан колхоз правленийĕнче. Кăнтăрлахи вăхăт пулнипе унта никамах та çукчĕ,—хăшĕ хирте, хăшĕ фермăра, теприсем района кайнă, — правленире бухгалтерпа счетовод кăначчĕ. А вĕсем вĕт пуринчен ытларах цифрăсемпе калаçма юратаççĕ. Эпир сăмахлама тытăнсанах вĕсем хăйсен хулăм кĕнекисене туртса кăларчĕç те, юлашки çулсенче ĕçтан миçе пин тупăш илни, мĕн валли мĕн чухлĕ расходлани çинчен каласа пама тытăнчĕç.

Анчах та вăл цифрăсеве эпир каярахпа асăнăпăр-ха.

Чиричкассипе Ĕнĕшхĕрринчи колхозсем 1950 çулхи кĕркунне пĕрлешнĕ. Унччен вĕсем чăнах та вăйсăр хуçалăхсем пулнă. Пĕри—Ĕнĕшхĕрринчи «Балтиец»—ытла пĕчĕккĕ (пурĕ те 30 кил ытларах кăна) пулнă, тепри—Чиричкассинчи—ăна ертсе пыракансем ĕçлеме пĕлменнипе юхăнма тытăннă: çулла тырпул тухăçĕ те çулсеренех районри ытти пур колхозсенчен те начар пулнă, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессипе те чи кайри вырăнта тăнă. Выльăх апачĕ çитмен, пăхаканĕсем те хăйсен ĕçĕсене кирлĕ пек туса пыман, çавăн пирки выльăхсем хĕл каçа сахал мар вилнĕ. Пуринчен ытла—правлени колхозниксене мобилизацилесе ертсе пыма пултарайман пирки—колхозра ĕç дисциплини япăхса кайнă. Çавна пула колхозри ĕçсем нихçан та вăхăтра пулса пыман.

Çак икĕ колхоза пĕрлештернĕ кунсенче малашне председатель кам пуласси çинчен нумай калаçнă. Пуриншĕн те паллă пулнă ĕнтĕ: пысăкланнă колхоза ертсе пыма, ăна йĕркелесе, аталантарса пыма çирĕп алă, хуçалăха пĕлекен, ăна чунтан юратса ĕçлекен, массăна хавхалантарса пĕр пăркаланмасăр малалла илсе кайма пултаракан çын кирлĕ! Унсăрăн ĕç тухмасть...

Чылайăшĕ Ĕнĕшхĕрринчи колхозăн председателĕ пулнă Игнатий Васильевич Васильев ятне асăннă.

— Вăл пултарать! Хăйсен пĕчĕк колхозĕпех районра темиçе çул хушши пур енчен те малта пычĕ. Самаях вĕреннĕ çын, коммунист, унсăр пуçне тата — фронтовик...

Çак шухăшпа юлашкинчен пурте килĕшнĕ те, пухура Игнатий Васильевича председателе суйласа лартнă.

— Шанатпăр сана, ĕçле, хуçалăха ертсе пыр!

— Эсир хушнине итлетĕп,—тенĕ Васильев ăна хирĕç,—маншăн ку пысăк хисеп, эсир шанчăна эпĕ тÿрре кăларма тăрăшăп, анчах та эсир те мана итленĕ пултăр. Хуçалăха çĕклесси — пурĕ пĕр чăмăр пулса, чунтан тăрăшса ĕçлеминчен килет, ăна эсир хăвăрах пĕлетĕр. Çавăнпа та, чăн малтан, пирĕн дисциплина пултăр. Дисциплина, татах дисциплина! Халех каласа хуратăп—колхозри дисциплинăна пăсакансене, кахалсемпе наянсене каçару пулмасть—ăна ан кĕтĕр.

— Çапла кирлĕ те вăл!—килĕшнĕ пухурисем.



**УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ:** Шупашкар районĕнчи «Коммунизм» колхоз хирĕнче тракторист С. К. Бойков тулă акать. Вăл ĕç нормине кулленех ирттерсе тултарать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

Çавăнтан вара икĕ çул та çурă иртнĕ. Пĕрлешнĕ хыççăн Н. С. Хрущев ятне йышăннă колхоз халĕ районри малта пыракан колхозсенчен пĕри пулса тăрать. Тахçанах манса кайнă ĕнтĕ кунта колхозниксене ĕçе тухма чĕнсе чÿречерен темиçешер хут пырса шакканине, хирти тырпулсене çумкурăк пусса илнисене, лаша кÿлме тăрсан ял тăрăх пĕр çĕрте хăмăт, тепĕр çĕрте тилхепе, виççĕмĕш çĕрте пĕкĕ шыраса çÿреннине, выльăхсем валли апат çитменнине, çур хĕле çитсенех выльăхсем апатсăр аптрама пуçланине. Колхоз правленийĕпе унăн председателĕ, активпа, парторганизаципе, комсомол организацийĕпе пĕр пулса ĕçленипе, колхозниксене тĕрĕс ертсе пырса, колхоз хуçалăхне çулсеренех вăйлатнă, колхоз пуянлăхне ÿстернĕ, колхозниксен пурнăçне аванлатнă.

1951 çулта—пĕрлешнĕ хыççăн тепĕр çулхине—колхоз, вăтамран шутласан, гектартан 14,78 центнер тырă туса илнĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе районра пĕррремĕш вырăн йышăннă. Çав çулах ĕне вити, кайăк-кĕшĕк усрамалли, сурăхсем усрамалли пысăк витесем, зерносушилка, тырă хумалли кĕлетсем, витнĕ итемсем тунă.

Вăйлă тырпул туса илме уй-хир ĕçĕсене агротехника вĕрентнĕ пек туса пынă, удобренисем нумай илсе пынă. Пĕлтĕр пур тырăсем те лайăх пулнă, ыраша сасартăк ăшă пырса çапни кăна тырпулăн пĕтĕм тухăçлăхне чакарнă. Техникăлла культурăсем пысăк тупăш панă. Хăмла тухăçлăхĕ енĕпе илсен—колхоз Россия Федерацийĕнче виççĕмĕш вырăн йышăннă...

Пуринчен те ытларах, иртнĕ çулта колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе малалла кайнă, вĕсенчен пысăк тупăш илнĕ.

Колхозăн тăватă ферма: ĕне, сысна, сурăх тата кайăк-кĕшĕк фермисем. Çав фермăсенче ĕçлеме пултаруллă, чунтан тăрăшакан çынсене хушнипе, вĕсенче пуринче те ĕçсем ялан ăнса пыраççĕ, тупăш ÿсет.

Акă, эпир ĕне фермине пыратпăр. Унта тăватă хĕр—Т. Филиппова, Е. Кузьмина, З. Кириллова тата М. Александрова ĕçлеççĕ. Малтанах опыт пулман-ха вĕсен, ĕçсем питех ăнман, анчах та икĕ çул хушшинче вĕренсе çитнĕ ĕнтĕ. 1952 çулта, ĕнесене лайăх пăхса, вăхăтра çитерсе-ĕçтерсе пынипе, вĕсем кашни ĕнерен 1.400-шер литр таран сĕт суса илнĕ,—плана палăртнă тăрăх 1.150-шар литр илмелле пулнă. Çавăншăн колхоз вĕсене пурне те, ĕçкунĕсемсĕр пуçне, нумай хушса тÿленĕ. Кăçал вара ĕне фермиче ĕçлекен хĕрсем тата пысăкрах обязательствăсем илнĕ те, вĕсене питĕ ăнăçлăн пурнăçласа пыраççĕ. Апрелĕн 1-мĕшĕ тĕлне вĕсем кашни ĕнерен 600-шер литр ытла сĕт суса илнĕ. Колхоз государствăна сĕт памалли çулталăкри плана пĕррремĕш кварталтах 66 процент тултарнă.

— Ĕне ферминчен иртнĕ çулта эпир 27.583 тенкĕ тупăш илтĕмĕр,—тесе пĕлтерчĕç пире колхоз бухгалтерĕсем.—Ĕнесенчен ун пек тупăш нихçан та илменччĕ...

Сысна ферминче те питĕ тăрăшакан хĕрсем ĕçлеççĕ. Алефтина Гайкина, кунта виçĕ çула яхăн ĕçлекенскер, 1952 çулта 6 сысна аминчен 81 çура илсе ÿстернĕ, Нонна Михайлова 5 амаран—63 çура. Нина Петровăпа Лидия Ильина та вĕсенчен юлмаççĕ. Сыснисем вара—пурте таса ăратлăскерсем, ваттисем хушшинче 200 килограмшар ытла туртаканнисем те пур. Пăхма кăмăллă! Çавăн пек сыснасенчен (çамрăк çурасемпе пĕрле вĕсем халĕ 300 пуçа çитеççĕ) тупăш пысăк пуласси паллах ĕнтĕ. 1952 çулта сысна ферми колхоза 64 пин тенкĕ панă!

Сурăх ферминче—265 пуç. Вĕсене пăхакансем П. Антонова, В. Порфирьева, М. Григорьева нумайранпа лайăх ĕçлени çинчен каларĕç пире. Сурăхсем ÿстерсе колхоза 12 пин тенке яхăн тупăш панă вĕсем, хăйсем кашниех 500-шер ĕç кунĕ ытла тата пĕрер путек илнĕ.

Сурăх фермипе юнашарах—кайăк-кĕшĕк ферми. Темиçе çĕр чăх-чĕп, хурсем кунта. Кусем те тупăшлă—пĕлтĕр 5 пин тенке яхăн илнĕ вĕсенчен.

Паллах ĕнтĕ, хуçалăхăн пур отраслĕсенчен те тупăш илни колхоза ял хуçалăх машинисем ытларах илме, обществăлла çĕнĕ çурт-йĕрсем тата ыттине тума май парать. Пĕлтĕр колхоз виçĕ селка, виçĕ сортировка, плугсем, «зигзаг» сÿресем илнĕ, икĕ пысăк лаша вити—84 пуç вырнаçмалăх туса лартнă. Кăçалхи план тăрăх колхоз 160 пуç вырнаçмалăх сысна вити, 40 пуç валли пăру вити, фермăсем валли водопровод, виçĕ автомашина валли (машинăсем халĕ иккĕ, кăçал тепре илеççĕ) гараж тăваççĕ. Çаксене тума йывăçне хатĕрлесе хунă та ĕнтĕ. Кĕркуннеччен пулаççех вĕсем.

...Çавăн пек ÿсĕмсем тунă ку колхозра икĕ çул çурă хушшинче. Колхоз хуçалăхĕ унччченхипе пачах та танлаштармалла мар вăйланнă, колхозниксен пурнăçĕ лайăхланнă. Çак ÿсĕмсем вĕсем колхоза тĕрĕç ертсе пыма пĕлнинчен, колхозниксемпе колхозницăсем хăйсем чунтан тăрăшса ĕçленинчен килнĕ. Колхозра уйрăмах тăрăшса ĕçлекенсене—пĕррремĕш бригадăн бригадирне Игнатий Борисова, иккĕмĕш бригадăн бригадирне Иван Андреева, выльăх-чĕрлĕх фермисен заведующине Михаил Антонова, Болеслав Федоров конюха, правлени членне—аллăран иртнĕ Василий Григорьева, хăмла ÿстерекен Феоктиста Петровăна, ватă колхозниксене — Павел Кузьминпа Ермолай Афанасьева, пăрусем пăхакан Елена Константиновăна ялан ăшă кăмăлпа асăнса ырлаççĕ. Çак çынсем пекех лайăх ĕçлекенсем колхозра татах та пур.

Паллах, колхозра малашне тумалли ĕçсем нумай-ха. Уй-хир тĕлĕшĕпе те, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе те нумай ĕçлемелле. Колхозра культура енĕпе ĕçсем начартарах пыраççĕ. Клуб çук,—Ĕнĕшхĕрринчи пĕчĕк клуб çурчĕ пачах та çителĕксĕр, çитменнине вăл ĕçлемест те. Хĕллехи вăхăтра кружоксене ĕçлеме те, пухусем ирттерме те, кинопа спектакльсем кăтартма, çамрăксен вечерĕсем тума та вырăн çук.

Кунти колхозниксем хăйсен ĕçри хастарлăхне лайăх кăтартнă ĕнтĕ. Çав хастарлăха малашне те кирлĕ пек йĕрпе илсе пырсан, çитес çулсенче колхоз темиçе хут та вăйланасси паллах. Ăна валли условисем пур.

Леонид АГАКОВ.

# „Президент Эйзенхауэр тухса калани пирки" ятлă статья çинчен урăх çĕршывсенче мĕн çыраççĕ

## США

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Апрелĕн 25-мĕшĕнче Америкăра иркхине тухнă хаçатсем «Правда» тата «Известия» хаçатсен «Президент Эйзенхауэр тухса калани пирки» ятлă статьи çинчен нумай çырнă. «Нью-Йорк таймс» тата «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçатсем çак статьяна пĕтĕмĕшпех пичетлесе кăларнă.

Интернейшнл Ньюс Сервис агентствин корреспонденчĕ Кларк Вашингтонран çапла пĕлтерет: конгресс лидерĕсем, «Правда» умстатьи пирки сыхланарах калаççĕ пулсан та, оптимистла шутлаççĕ.

ВАШИНГТОН, апрелĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин Вашингтонри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, государство департаменчĕн представителĕ çапла каланă: государство департаменчĕ хăйĕн шухăшĕ çинчен халех каласа пама хатĕрленмест, анчах «Правда» хаçатри статьяна питех те тĕплĕн вĕренеççĕ.

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат умстатьяра çапла çырать: «Правда» хаçат—вырăссен Коммунистсен партийĕн официальнăй органĕ — президент Эйзенхауэр апрелĕн 16-мĕшĕнче каланă сăмах пирки тĕплĕ çырса панă ответра нумай пысăк ыйтусене хускатать. Вăл «тĕнчери ыйтусене мирлĕ майпа йĕркелеме тытăниччен малтанлăха кирек мĕнле условисем те кăларса тăратма пăхнине хирĕç тăрать. Российăн, тет «Правда», çакăн пек кăларса тăратмалли условисем пур пулсан та, вăл вĕсене «малтанлăха кирлĕ требованисем» вырăнне кăларса тăратма хатĕрленмест.

«Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат çакна палăртать: президент чĕнсе каланă тата вырăссем ответ панă лару-тăру халиччен нумай çулсем хушшинче пулнинчен чылай туслăрах та шанăçлăрах пулнă.

Эйзенхауэр Совет Союзĕ умне малтанлăха кăларса тăратнă чылай условисене хӳтĕленипе пĕрлех, хаçат çапла шутлать: Эйзенхауэр мир çинчен лайăх палăртса каланă тата ун пирки «Правда» каланă шанăç хăçан та пулсан пурнăçа кĕме пултарать.

«Нью-Йорк таймс» хаçат «Правда» тата «Известия» хаçатсен статьинче каланă шухăшсем пирки хирĕçле позици тытать. Редакцирен çырнă статьяра вăл мир çинчен калаçусем пынă вăхăтра Совет Союзĕ умне малтанах чылай условисем кăларса тăратма пăхни уççăнах курăнса тăрать.

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС) «Правда» тата «Известия» хаçатсен «Президент Эйзенхауэр тухса калани пирки» ятлă умстатьи çинчен çырса, «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçатăн обозревателĕсем пĕр тăван Олсопсем Совет Союзĕ енчен мирлĕ утăмсем тăвасси США çирĕп политика тытнинчен килет текен тезиса тепĕр хут туртса кăларнă. Ку тезиса умстатьяра пĕтĕмпех çĕмĕрсе тăкнă. Олсопсем уççăнах вăйлăн хĕçпăшалланма чĕнеççĕ. Пĕрлешӳллĕ Штатсем хăйсене хисеплеттерме тата хăйсенчен хăраса тămалла тума кирлĕ таран вăйлă пулмасан, Эйзенхауэр программи нимĕн патне те илсе çитерме пултараймасть, теççĕ вĕсем.

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Уильям Райян Совет Союзĕ тĕнчери пысăк ыйтусене мирлĕ майпа йĕркелесе яма калаçусем пуçласа яма хатĕр тăни пирки иккĕленмест. Анчах та Райян «çакнашкал канашлу Хĕвеланăç Европăн, çавăн пекех тата Америкăн политикипе экономикине те пысăк влияни парассинчен» хăрать. «Анчах канашлу Европăри оборона пĕрлешĕвĕ тытăнса тăракан никĕсе Хĕвеланăç Европăра яланлăхах хавшатнă пулĕччĕ», тет.

«Нью-Йорк таймс» хаçатăн Парижри корреспонденчĕ Сульцбергер: «Правда» хаçат. Эйзенхауэра панă ответ калаçусем валли алăксене анлăн уçса пачĕ, тесе çырать. Анчах, тет Сульцбергер, ответра «тĕп ыйтусем пирки юри ăнлантарса çитермен вырăнсем хăварнă».

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин Вашингтонри корреспонденчĕ Хайтауэр çапла пĕлтерет:

«Эйзенхауэр правительстви официальнăй йĕркепе ĕç çине оптимистла пăхать пулсан та, Вашингтонри, уйрăмах государство департаментĕнчи лайăх пĕлсе тăракан нумай çынсем сивĕ вăрçăра нимĕнле улшăнусем пулассине те курмаççĕ... Заявлени текстне государство департаментĕнче те, центральнăй разведка управленийĕнче те, Шурă Суртра та тĕплĕн сăнаса вĕренеççĕ. Çак заявлени çине пĕр вăхăтрах политикăлла документ çине пăхнă пек те, пропагандистла утăм çине пăхнă пек те пăхма йышăннă пулмалла. Ĕнер Шурă Сурт пĕлтернинче тата тепĕр хут Пĕрлешӳллĕ Штатсем мир ĕçĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешме хатĕр пулни çинчен каланă. Анчах çакна Совет Союзĕн заявленийĕн пропагандистла влиянине вăйсăрлатас шутпа каланă пулмалла».

«Нью-Йорк таймс» хаçатăн Вашингтонри корреспонденчĕ Рестон çапла калать: США правительствин политики пачах паллă мар. Çакна Рестон чылай тĕслĕхсемпе çирĕплетсе парать. Вăл, тĕслĕхрен, «коммунистла Китай çинчен тăракан ыйту пирки республиканецсен партийĕнче чылай пысăк хирĕçӳсем пуррине» палăртать. «Ку ыйту пирки партире, пĕтĕм çĕршыври пекех, çавăн пекех тата союзниксен коалицийĕнче те пĕр-пĕрне хирĕçле пыракан икĕ шухăш палăрса тăрать.

Çак тĕп хирĕçӳсем сенаторсемпе государство департаменчĕ хушшинче çеç мар, е тата государство департаменчĕпе Англи ют çĕршыв ĕçĕсен министерстви хушшинче çеç мар палăраççĕ. Вăл хирĕçӳсем конгресс членĕсем хушшинче те пур. Вăл хирĕçӳсем государство департаментĕнчи экспертсем хушшинче те пур. Вăл хирĕçӳсем штабсен начальникĕсен пĕрлешнĕ ушкăнĕсемпе хăшпĕр, уйрăм çынсем хушшинче те, тĕслĕхрен, адмирал Рэдфордăн та пур».

Юлашкинчен Рестон çапла çырать: хирĕçӳсемпе иккĕленӳсем правительствăра çаплипех юлаççĕ. Çакăн пек иккĕленӳсем пулнă чухне кивĕ политикăна тытса пыма пăхни тата ĕçсем мĕнле пулнă, вĕсене çавăн пекех хăварма пăхни палăрать.

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Дейли уоркер» хаçат «Правда» тата «Известия» хаçатсен умстатьи пирки çапла çырать: Эпир, американецсем, çакна уççăн курса тăма тивĕç: эпир мир туса хума килсе тухнă майпа усă курас пулсан, эпир хамăр мĕн тăвас тенине тума пултаратпăр — çынсене вĕлерсе пĕтерессине чарса лартма, налогсене чакарма, хĕçпăшалсемпе çарсене чакарма тата атомлă вăрçă хăрушлăхĕнчен хăтăлма пултаратпăр.

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат хăйĕн обозревателĕ Липпман çырнă статьяна пичетлесе кăларнă.

«Правда» хаçатăн умстатьи çакăн пек тĕллев тытать, — тесе çырать Липпман,—тĕнчере хирĕçӳсем кăларакан икĕ тĕп ыйту — Германипе Китай çинчен тăракан ыйтусем тăрăх президент калаçусем иртерме хатĕр-и тата пултарать-и, çавна тĕрĕслесшĕн. Статья авторĕ хальхи вăхăтра Германипе Китай çинчен тăракан ыйту тăрăх тивĕçлипе калаçу иртересси США-шăн питех те йывăр пулнине лайăх пĕлнĕ, тĕрĕссипе вăл çакăн çинчен президента тăрăхласа асăрхаттарнă. Çак статья авторĕ çавăн пекех тата çакă икĕ тĕп ыйту тăрăх эпир йышăнакан позици ют çĕршывсенчи халăх массисем хушшинче хисепре пулманнине тата Инçет Хĕвелтухăçĕнчи ыйтусем тăрăх вăл çавăн пекех тата аслă державăсен правительствисем хушшинче те хисепре пулманнине пĕлет, çак тĕлĕшпе вăл хăйĕн пĕлĕвĕпе туллин усă курать».

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат редакцирен çырнă статьяра «Правда» тата «Известия» хаçатсен умстатьи пирки хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенчи общественность мĕн шутланине хăлхана чикме чĕнет. «Кунта сăмах,—тесе çырать хаçат,—çак лăпкăн та ăслăн çырнă документ обществăлла шухăша мĕнле влияни парасси çинчен пырать пулмалла... Халăхсен шухăшĕнче пулса тăнă çак улшăнусене Америка отвечĕ шута илмест пулсан, тата стиль улшăнни тактика улшăннине те пĕлтерекен ĕç пулнине йышăнмасть пулсан, Америка отвечĕ хăйĕн тĕллевĕ патне çитме пултараймасть. Ĕçсем кирек мĕнле килсе тухас пулсан та, дипломати лăпкă чĕлхепе калаçма тытăннине саламлас пулать».

## Англи

ЛОНДОН, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Англире ĕнер каçхине тухнă хаçатсем «Правда» хаçат статьи пирки нумай çыраççĕ. «Обсервер» хаçат çакна кăтартса парать: «Правда» статьинĕ «асăрханса çырнă, вăл калаçусем иртерес тĕлĕшпе алăка хупса лартас тĕллев тытмасть пулмалла».

«Правда» хаçат статьи пирки Лондонра малтанлăха мĕн шутлани çинчен калаçа, «Обсервер» хаçатăн дипломатилле обозревателĕ çапла çырать: «Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствинче «Правда» хаçатăн статьине малтанлăха тĕпчесе пĕлнĕ хыççăн çакăн пек вывод патне пырса тухнă: вăл Эйзенхауэр сĕнĕвĕсене сирсе пăрахмасть, пачах урăхла, американецсем нумаях пулмасть психологилле вăрçă пирки тухса каланă сăмахсене хирĕç ответ пама тăрăшать. «Правда» хаçат статьи Хĕвелтухăçпе Хĕвеланăç хушшинче тавлашу кăларса тăратакан тĕрлĕ ыйтусем пирки шухăшлакан çынсене усă пама пултарать».

«Обсервер» хаçат комментарисен пайĕнче çапла çырать: «Статьян лайăх енĕсене шута хумасăр тăни тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ... Вăл ĕçлĕхлĕ калаçусем иртерме сĕнӳ парать çеç мар, тата пĕр-пĕрне ăнланнă тăрăх килĕшӳ тăвас енĕпе ĕçлеме чĕнет».

«Рейнольдс ньюс» хаçат «Правда» статьине пичетлемест, вăл ку тĕлĕшпе хăйĕн дипломатилле обозревателĕ пĕлтернине тата Драйберг заметкине кăна пичетлет. Драйберг: «Правда» хаçатра тухнă статья «ăслăн та виçеллĕн туйăнать», тет. Англире политика тĕлĕшĕнчен тĕрлĕ шухăш тытакан çынсем хушшинче те, «Правда» хаçат Джон Фостер Даллес хăлаçланни çинчен критиклесе каланипе килĕшмен çынсем сахал тупăнĕç, тет Драйберг.

ЛОНДОН, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Правда» умстатьине «Таймс» тата «Дейли уоркер» хаçатсем кăна пĕтĕмĕшпе пичетлесе кăларнă. Пур хаçатсем те çак документăн пĕтĕм тĕнчери пĕлтерĕшне йышăнаççĕ.

«Таймс» хаçат редакци çырнă статьяра çапла калать: «Статья, пĕтĕмĕшпе илсен, совет политики çинчен ку таранччен юлашки нумай уйăхсем хушшинче тухнă мĕнпур статьясенчен чи лăпки, чи яр уççи, чи ăсли пулса тăрать...

Статья çак йăнăш шухăшсене: пĕрремĕшĕнчен, Совет Союзĕ килĕшӳ тăвас тĕллевне сенсацилле чăкма пултарать текен шухăша, иккĕмĕшĕнчен, вăл урăх çĕршывсенчи коммунистсене пулăшма пăрахать текен шухăша сирсе ярать».

«Дейли геральд» хаçат «Правда» хаçатăн умстатьинче тĕнчене уйăрса тăракан ыйтусем тăрăх калаçусем иртерме панă сĕнӳсемпе усă курма калать.

«Дейли мейл» хаçат редакци çырнă статьяра: «Правда» хаçатăн умстатьи килĕшӳ тăвас çул çинче малалла тата тепĕр утăм туни пулать, тесе калать. Çавăнпа та эпир Çурçĕр Атлантика союзĕн организацийĕ: «ирĕклĕ халăхсене хăратса тăракан тĕп ыйтура нимĕнле улшăну та пулман» тесе калани вăл кулянмалла факт пулса тăрать тесе шутлатпăр... Халĕ çакăн çинчен калама вăхăт мар. Çавăн пекех эпир Фостер Даллес сăмахĕ те ĕçе пулăшмасть тесе шутлатпăр.

Пĕрлешӳллĕ Штатсен партилле политикишĕн тĕнчене хăрушлăх умне кăларса тăратма кирлĕ мар».

Хĕвеланăçĕнчи политикăлла деятельсем, уйрăмах Америкăри политикăлла деятельсем пĕлтернисене критиклесе, «Дейли экспресс» хаçат çапла çырать: «Çынсем çакăнтан хăрама пуçларĕç: мирĕн тин кăна шăтса тухакан вăйсăр калчисене юратса çитĕнтерес вырăнне, çавнашкал политикăлла деятельсем вĕсене ирĕксĕрех таптаса тăпра айне тума пултараççĕ».

ЛОНДОН, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Ивнинг ньюс» хаçат «Правда» тата «Известия» хаçатсен умстатьинче каланă çак сăмахсем çине тимлĕн пăхма кирлине палăртать: «Совет руководителĕсем США правительстви е урăх çĕршыв правительстви тавлашуллă ыйтусене туслăн татса парас тĕлĕшпе паракан кирек мĕнле сĕнĕве те ырласа йышăннă пулĕччĕç...»

Калаçусен çак тапхăрĕнче хальхи лару-тăрăвăн кирек мĕнле усăллă тата конструктивлă факторĕсем çине те тимлĕн пăхни кирлĕ. Çӳлте илсе кăтартнă вырăн конструктивлă ĕçсем валли никĕс сĕнет пулмалла. Çак енчен унăн пĕлтерĕшĕ пысăк пулать, çавăнпа та ăна ырламалла.

«Манчестер гардиан» хаçат çапла çырать: «Факт вăл фактах пулса юлать. Совет правительстви тимлĕн сӳтсе явма хатĕр тăнине кăтартрĕ. Çакă вăл дипломатишĕн сигнал парса тăрать е сигнал пулса тăмалла. Çакăн пирки унăн хăйĕн сăмахне каламалла».

## Польша

ВАРШАВА, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Трибуна люду» хаçат «Çирĕп мир патне пымалли çула кăтартакан паха документ» ятлă умстатьяра çапла çырать:

«Правда» хаçат Эйзенхауэр сăмахĕ пирки çырнă статьяпа тĕнчери мĕнпур общественность интересленет тата ăна ырласа йышăнать. Çак статьяра Совет Союзĕн мирлĕ политикине туллин кăтартса панă. Совет Союзĕ тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассишĕн тата мире сыхласа хăварассишĕн тата тĕреклетессишĕн тăрать».

Эйзенхауэр калаçусем пуçласа яма малтанах условисем лартмалли çинчен калани пирки хаçат çапла çырать: «малтанхи условисем» çинчен асăннине тĕнчери чи тĕрлĕ ушкăнсем хирĕç тăчĕç, мĕншĕн тесен вĕсем тĕнчери лару-тăрăва палăртакан реальнăй вăйсемпе факторсем мĕнле пулнине пĕлеççĕ.

«Президент Эйзенхауэр, — тесе çырать малалла хаçат, — хăйĕн сăмахĕнче Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсем çинчен те ыйту хускатрĕ. Унăн сăмахĕсем çакна кăтартса параççĕ: ăна çак çĕршывсенче пуç пулса тăракан строй килĕшмест. Çак строй Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсене чăн-чăн никама пăхăнманлăх пачĕ, çак çĕршывсенчи халăхсене историре малтанхи хут аталанса чечекленме вĕçĕмсĕр пысăк малашлăх уçса пачĕ. США президенчĕ истори урапине каялла çавăрттарасшăн пулмалла. Анчах та Хĕвелтухăç Европăри ирĕке тухнă çĕршывсем хăйсен никама пăхăнманлăхне тата хăйсен халăхĕсен ирĕкĕ çине таянса тунă хăйсен пысăк çитĕнĕвĕсене тимлĕн сыхласа тăраççĕ».

## Чехословаки

ПРАГА, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Паян «Руде право» хаçат «Мир ĕçĕн çĕнтерĕвĕшĕн» ятлă умстатья пичетлесе кăларнă.

«Правда» хаçат умстатьинче пур енчен те тĕплĕн çырса панă ответ Совет Союзĕ пирĕн правăсене хӳтĕлесе тăракан хăватлă тĕрек пулнине кăтартса парать, тесе çырать «Руде право».

Чехословаки халăхĕ Эйзенхауэр Хĕвелтухăç Европăри халăхсем çинчен каланă сăмах пирки «Правда» хаçат панă татăклă ответа пĕтĕм чĕререн хапăл туса йышăнчĕ. Пирĕн республикăри халăхсем тата тепĕр хут тав туса çакна палăртаççĕ: Совет Союзĕ Чехословаки интересĕсене паттăррăн хӳтĕлет. Чехословаки халăхĕпе Совет Союзĕнчи халăхсем хушшинчи никам сĕнтерейми туслăх пысăк вăй пулса тăрать.

«Пире хăватлă Совет çĕршывĕпе — мирпе социализмăн хӳтлĕхĕпе — çирĕп туслăх çыхăнтарса тăрать. Совет Союзĕн пулăшăвĕсĕр пирĕн çĕршывра социализм тăвасси çинчен шутлама та йывăр пулнă пулĕччĕ. Çавăнпа та пирĕн тулашри политика никĕсĕ Совет Союзĕпе тачăн килĕшсе ĕçлесси пулать».

# Мир Пакчĕшĕн

СОФИЯ, апрелĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Апрелĕн 27-мĕшĕнче София хулинче Болгари Халăх Республикинчи Халăх пухăвĕн президиумĕн, Министрсен Совечĕн тата Отечественнăй фронтăн Наци Совечĕн яланхи бюровĕн пĕрлехи ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура халăхсен мире хӳтĕлес ыйтупа пулнă Конгресĕ йышăннă решенисене пурнăçлама уйăрнă Комисси Болгари правительствине Конгресс пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тума сĕннине йышăнма чĕнсе каланă пирки заявлени йышăннă.

Заявленире çапла каланă: Болгари халăхĕ мире тĕреклетессишĕн тата тĕнчери халăхсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлемелле тăвассишĕн тăрăшнине палăртса, Болгари Халăх Республикин Халăх пухăвĕн президиумĕ, Министрсен Совечĕ тата Отечественнăй фронтăн Наци Совечĕ çапла шутлаççĕ: пилĕк аслă держава хушшинче — Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем, Советла Социализмла Республикăсен Союзĕ, Китай Халăх Республики, Великобритани тата Франци хушшинче калаçусем пуçлани тата Мир Пакчĕ туса хуни тĕнчери йывăрлăха, халăхсем пĕр-пĕрне шанса тăманнине пĕтерет, çапла вара государствăсем хушшинче мĕнпур тавлашуллă ыйтусене калаçусем иртернипе татса парас çул çине тăма пулăшать.

Пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тума панă сĕнӳ Болгари правительствин политикипе пĕтĕмпех килĕшсе тăрать. Çак политика мĕнпур халăхсем хушшинче мир тата туслăх туса хурасси, пĕр-пĕринпе мирлĕн килĕштерсе ĕçлемелле тăвасси пулса тăрать. Çак политика мĕнпур çĕршывсен пĕртанлăхне, вĕсен наципе никама пăхăнманлăхне тата государствисене хисеплени çинче никĕсленсе тăрать.

Болгари халăхĕ мĕнпур халăхсемпе мирлĕ тата туслă пурăнасшăн пулнине палăртса, Болгари Халăх Республикин Халăх пухăвĕ тата Отечественнăй фронтăн Наци Совечĕ 1953 çулхи февралĕн 6-мĕшĕнче ятарласа йышăннă декларацире çапла пĕлтерчĕç: вĕсем халăхсен мире хӳтĕлес енĕпе пулнă Конгресĕ йышăннă решенисене, çав шутра пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тăвасси çинчен чĕнсе калănине йышăнаççĕ. Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ чĕнсе калани çине ултă миллиона яхăн Болгари гражданĕ алă пусрĕ. 1951 çулта Халăх пухăвĕ мире хӳтĕлесси çинчен закон йышăнчĕ.

Мире сыхласа хăварма тăрăшни, тенĕ малалла заявленире, Болгари халăхĕ валли мирлĕ ĕçлеме май туса пама тăрăшнинчен тухса тăрать. Мирлĕ ĕç Болгари халăхне анлăн сарăлса пыракан хуçалăхпа культура строительствине пурнăçлама кирлĕ. Çакăнтан Болгари правительствин мирлĕ политики тухса тăрать. Пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешес ĕçре правительствăн çак политикине пĕтĕм Болгари халăхĕ пулăшса тăрать.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян: çарсем пур фронтсенче те разведка туса çапăçусем иртерне, тесе пĕлтерет.

Ĕнер çĕрле Америка авиацийĕ каллех Хамхын тăрăхĕнчи мирлĕ халăх пурăнакан районсем çине тапăнса бомбăсем нумай пăрахнă. Мирлĕ халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай. Пурăнмалли çуртсемпе землянкăсене чылай ишĕлтерсе пĕтернĕ.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн икĕ самолетне персе ӳкернĕ.

### Америка авиацийĕ çаплах Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине тапăнать

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ çаплах Çурçĕр Корейăри мирлĕ халăх пурăнакан хуласемпе ялсем çине тапăнать. Корейăри тĕп телеграф агентствин корреспонденчĕ Сариваньран пĕлтернĕ тăрăх, апрелĕн 19-мĕшĕнче Америка самолечĕсен пысăк ушкăнĕ Хванхэ провинцийĕнчи Бонсан уездĕнчи ялсем çине тискеррĕн тапăннă. Самолетсем темиçе сехет хушши пырса тапăннă. Мирлĕ халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай.

Çав кунхинех Америка штурмовикĕсемпе бомбардировщикĕсем провинцири ытти районсенчи хуласемпе ялсем çине тапăннă. Америка летчикĕсем уй-хирте ĕçлекен хресченсем çине бомбăсем пăрахнă тата вĕсене пулеметсенчен пенĕ.

### КОРЕЙĂРА ЧИРЛĔ ТАТА АМАННĂ ÇАР ÇЫННИСЕНЕ УЛĂШТАРСА ИЛНИ

ПЕКИН, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернĕ тăрăх, Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Апрелĕн 27-мĕшĕнче американецсем Паньмыньчжоньра Корейăпа Китая чирлĕ тата аманнă 499 çар çыннине тавăрса панă.

ПЕКИН, апрелĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернĕ тăрăх, Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă: апрелĕн 28-мĕшĕнче американецсем Паньмыньчжоньра Корейăпа Китая чирлĕ тата аманнă 491 çар çыннине тавăрса панă.

## Патет-Лаори лару-тăру

ПАРИЖ, апрелĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Франс пресс агентствин корреспонденчĕ Ханойран пĕлтернĕ тăрăх, Патет-Лао çĕршывĕн ирĕклĕхшĕн кĕрешекен халăх çарĕн чаçĕсем Пак-Сенг постне йышăнса.

Франс пресс агентствин корреспонденчĕ çапла пĕлтерет: Пак-Сенг король резиденцийĕ вырнаçнă Луан-Прабан хулинчен 60 километр çурçĕр енче. Вăл Нам-Суонг çыранĕ тăрăх Луан-Прабан патне пымалли çул çинче юлашки пост пулса тăрать.

### ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИРИ СУДОСТРОИТЕЛЬСЕН ЗАБАСТОВКИ

БЕРЛИН, апрелĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, апрелĕн 25-мĕшĕнче Хĕвеланăç Германири Бремен, Бремерхафен тата Вегезак хулисенче судостроительсен забастовки пуçланнă. Забастовкăна судоверфьсенче ĕçлекен 14 пин рабочи тата 3 пин служащи ытла хутшăннă. Вĕсем ĕç укçи ӳстерме ыйтаççĕ.

Забастовка хуçасем рабочисен ыйтăвне тивĕçтермен хыççăн пуçланнă. Забастовка пуçланас умĕн малтан судоверфьсенче ĕçлекен рабочисенчен забастовка пуçлама кирли çинчен ыйтса тухнă. Ыйтса пĕлнĕ рабочисенчен 90 процент ытла забастовка тума кирли çинчен каланă.

Забастовкăна ертсе пыма 30 çынтан комитет туса хунă. Комитета коммунистсем, социал-демократсем тата партире тăман рабочисем кĕнĕ.

Забастовка тăвакан рабочисем судоверфьсене штрейкбрехерсем пыма ан пултарччăр тесе ятарласа постсем вырнаçтарса тухнă. Çак постсемех хуçасем провокацисем тăвасран асăрхаса тăраççĕ.

### КАНАДА ПРАВИТЕЛЬСТВИ МОНИКА ФЕЛТОНА КАНАДĂНА ПЫМА ИРĔК ПАМАН

ЛОНДОН, апрелĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Канадăри мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комитет икĕ уйăх каялла тĕнчери Сталинла преми лауреатне Моника Фелтона Канадăна пыма тата миршĕн тăрабансен митингĕсенче тухса калама чĕннĕ. Çак чĕнĕве Моника Фелтон йышăннă. Анчах халĕ, Пресс Асошейшн агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Канада правительстви Моника Фелтона Канадăна пыма ирĕк паман.

Моника Фелтон: Канада правительствин çакăн пек тума нимĕнле сăлтав та пулман, тесе пĕлтернĕ.

### ИРАН ПРАВИТЕЛЬСТВИН РЕШЕНИЙĔ

ТЕГЕРАН, апрелĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Иран нефтьне илекен Америкăпа Япони çыннисене хавхалантарас шутпа, Иран правительстви Абадан тата Бендер Машур хулисенче, Перси заливĕн районĕнчи нефть хакĕпе танлаштарсан, 50 процент йӳнерех хакпа сутма йышăннă. Кунсăр пуçне, Абадан хулинче çак çĕршывсене сутакан нефть продукчĕсен хакне Мексика заливĕн бассейнинче сутакан нефть продукчĕсен хакĕпе танлаштарсан 50 процент йӳнетмелле тунă.

Иран правительствин çак решенийĕ кăçалхи апрелĕн 27-мĕшĕнчен пуçласа çур çулталăк хушши вăйра пулать. Нефтьшĕн долларпа тӳлемелле.

### ГРЕНЛАНДИЕ АМЕРИКА ÇАР ЭКСПЕДИЦИЙĔ КАЯССИ ÇИНЧЕН

КОПЕНГАГЕН, апрелĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Майăн 1-мĕшĕнче Гренландие Америкăн çар экспедицийĕ тухса каять. Экспедици умне икĕ задача лартнă: Америка çарĕн çĕнĕ йышши хĕçпăшалĕсене тĕрĕслесе пăхасси тата Тулăра вырнаçса тăракан сывлăш-çар базин районĕнчи вырăнсене ӳкерсе илесси.

# Уяв кунĕсенче

★ **Филармонире.** Чăваш государство филармони артисчĕсем Май уявĕ кунĕсенче Шупашкарти ĕçсывнисене ятарласа тунă программа тăрăх концертсем кăтартаççĕ. Концертсене юрăпа ташă ансамблĕ, симфониле оркестр тата уйрăм солистсем хутшăнаççĕ.

Филармони залĕнче майăн 1—3-мĕшĕсенче кашни кунах концертсем пулаççĕ.

★ **Музейре.** Юлашки вăхăтра музейре çĕнĕ экспонатсем чылай хушăннă. Республика Совет влаçĕ çулĕсенче аталанса пынине кăтартакан уйрăма партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх çĕнетсе улăштарнă, çĕнĕ экспонатсемпе пуянлатнă. Çавăн пекех революцичченхи пурнăçа кăтартакан, республикăн çутçанталăк пуянлăхĕсемпе паллаштаракан уйрăмсене те чылай пысăклатнă. Уяв кунĕсенче музей 11 сехетрен пуçласа 7 сехетчен усă пулать.

★ **Картинăсен галлерейинче.** Уяв кунĕсенче галлерея кашни кунах уçă пулать. Паян кунта чăваш художникĕсен произведенийĕсен выставки уçăлать. Выставкăра М. С. Спиридонов, Н. К. Сверчков, П. Григорьев тата ытти художниксем, И. Кудрявцев скульптор тунă произведенисем нумай.

Кунтах чăваш государство издательстви пичет кунне хатĕрлесе кĕнекесен выставкине йĕркеленĕ.

★ **«Электрик» клубра.** Клуб çумĕнчи художествăлла пултарулăх коллективĕсем уява тăрăшса хатĕрленчĕç. Уйрăм программа тăрăх концерт пама хатĕрленĕ. Программăра Тăван çĕршыв, парти, халăхсен аслă çулпуçĕсем Ленинпа Сталин çинчен, мирлĕ ĕç çинчен çырнă юрăсемпе сăвăсем, тĕрлĕ халăхсен ташшисем пур.

Паян кунта заводри инженерсемпе техниксен, ыран çамрăк рабочисен пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Пысăк концерт пулать. Майăн 3-мĕшĕнче ачасен утренникĕ пулать. Унта ачасен художествăлла пултарулăх коллективĕсем концерт параççĕ.

★ **Хулари садсенче.** Паян хулари Крупская ячĕпе тăракан сада уçаççĕ. Малтанхи кун филармони артисчĕсем концерт параççĕ. Ыран кунта ачасен утренникĕ пулать. Каçхине художествăлла пултарулăх коллективĕсем концерт параççĕ. Ташламалли площадкăра кашни кунах музыка, ташă-вăйăсем пулаççĕ.

* * *

**Художествăлла пултарулăх коллективĕсен концерчĕсем.** Шупашкарти предприятисемпе учрежденисенчи, институтсемпе техникумсенчи тата вăтам шкулсенчи художествăлла пултарулăх коллективĕсем Май уявĕ кунĕсенче концертсемпе спектакльсем нумай параççĕ.

Педагогика институтĕнчи художествăлла пултарулăх коллективĕсен смотрĕ пулса иртрĕ. Смотрта уйрăм факультетсенчи 4 хор, хĕлĕхлĕ оркестр, драма коллективĕ, хореографи коллективĕ тата уйрăм исполнительсем пулчĕç. Смотрта мала тухнă коллективсемпе уйрăм исполнительсем Май уявĕ ячĕпе иртерекен концерта хутшăнчĕç. Концерт Чăваш академи театрĕнче пулчĕ. Концертра литература факультечĕн хорĕ (руководителĕ А. Галкин) Сталинла преми лауреачĕн Ф. Лукинăн «Тăван хула», А. Галкинăн «Шупашкар саламĕ», Туликовăн «Песня о Волге», Макаровăн «Как у Волги реки», «Вниз по Волге реке» тата ытти юрăсене те юрласа пачĕ.

Республикăри учительсен çуртĕн драма коллективĕ (руководителĕ Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ А. А. Дуняк) уяв кунĕсенче А. Васильевăн «Победа» пьесине лартса парать. Кунта хорпа хореографи коллективĕсем те çĕнĕ программа хатĕрленĕ.

Ялхуçалăх министерствинчи И. Степанов юлташ ертсе пыракан хор коллективĕ Итали çамрăкĕсен гимне, Заславский композиторăн «От Волги до Дона», Новиковăн — «По плану все решается», «Девичья хороводная» тата ытти юрăсене юрлать.

Электромеханически техникумăн художествăлла пултарулăх коллективĕсем уяв кунĕсенче пысăк концерт пама хатĕрленнĕ. Концертра хор, халăх инструменчĕсен оркестрĕ, хореографи коллективĕ, уйрăм юрăçсем, вулавçăсем, ташлакансем хăйсен пултарулăхне кăтартаççĕ.

Çавăн пекех «30 лет ЧАССР» клубăн, пир-авăр комбиначĕн, çыхăну управленийĕн, ялхуçалăх институчĕн, кооперации техникумĕн тата ытти предприятисемпе учрежденисен художествăлла пултарулăх коллективĕсем те концертсемпе спектакльсем хатĕрленĕ.

Н. АМУРЦЕВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — вырăсла спектакльсем: майăн 1-мĕшĕнче **«Твое личное дело»**, майăн 2-мĕшĕнче **«Дама невидимка»**, майăн 3-мĕшĕнче (кăнтăрла тата каçхине) «Богатырский сказ». Майăн 4-мĕшĕнче кăçалхи сезонта юлашки хут чăвашла спектакль **«Виçĕ туй»**. Спектакльсем кăнтăрла 12 сехетре, каçхине 20 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

## КИНО

«РОДИНА» — майăн 1, 2, 3-мĕшĕсенче 10, 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче **«Неразлучные друзья»**, ытти сеанссенче — **«Возвращение Василия Бортникова»**.

«УДАРНИК» — майăн 1-мĕшĕнче **«Сказание о земле сибирской»**, майăн 2-мĕшĕнче **«Садко»**, майăн 3-мĕшĕнче **«Кубанские казаки»**. Сеанссем 12 сехет те 15 минутра, 14 с. 15 м., 16 с. 15 м., 18 с. 15 м., 20 с. 15 м., 22 с. 15 м. пуçланаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01103 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.